ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Февраль 1
ВЫРСАРНИКУН
№ 22 (8931)
35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Техникăллă культурăсем акса тăвас ĕçе лайăхлатассишĕн

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне лартнă тĕп задачăна—мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне, çавăн пекех общественнăй вылăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ÿстерес задачăна чыслăн пурнăçлассишĕн колхозниксемпе машина-трактор станцисен механизаторĕсем социализмлă ăмăртăва куллен-кун вăйлатса пыраççĕ. Вĕсемшĕн Ленин—Сталин партийĕн историллĕ съезчĕ панă аслă заданисене пурнăçа кĕртесси чи сывăх та чи тăван ĕç пулса тăрать.

Ял ĕçченĕсем çĕрĕçне тата та тухăçлăрах, квалификациллĕрех тăвассишĕн, колхозсенче курăк акса тăвассине вăйлăн аталантарассишĕн тата тĕрĕс пусă çаврăнăшĕсем йĕркелесе çитерессишĕн, тĕштырăсем акса тунипе пĕрлех, техникăллă культурăсем, вылăх апачĕ акакан, пахча çимĕç тата çĕрулми лартакан çĕр лаптăкне чылай ÿстерессишĕн çине тăрса кĕрешеççĕ.

Январĕн 27-мĕшĕнче йĕтĕн тата кантăр туса илес ĕçре малта пыракансен республикăри канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлу 1952 çулхи ĕç итогĕсене пăхса тухрĕ, çитменлĕхсене палăртса, вĕсене пĕтермелли майсене кăтартса пачĕ.

Çĕрĕçне совет агрономи науки вĕрентнĕ пек туса пыракан колхозсем техникăллă культурăсен пĕтĕм тухăçлăхне тата таварлăхне çулсерен ÿстерсе пыраççĕ. Çакă вара Тăван çĕршыва ытларах та ытларах техникăллă культурăсен продукцийĕ парса тăма, колхозсен экономикине хăватлăн тĕреклетме, колхозниксен пурнăçне пĕрмаях лайăхлатса пыма паха майсем туса парать.

Кантăр тата йĕтĕн пирĕн республикăри колхозсемшĕн—тĕп техникăллă культурăсем. Юлашки çулсенче малта пыракан колхозсем вĕсен продукцине государствăна парса пысăк тупăш илме пуçларĕç. Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕ 1950 çулта 138 пин, 1951 çулта 551 пин, 1952 çулта, малтанлăха шута илнĕ тăрăх, 437 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Кашни гектар кантăр иртнĕ çулта артеле 14 пин те 500 тенкĕ ытла тупăш панă. Тепĕр майлă каласан, колхозăн мĕнпур тупăшĕнче кантăртан илнĕ тупăш 30 процент ытла пулать.

Тупăш илмелли çăлкуçсем ÿссе пынă май, Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз пайланман фонда çулсерен укçа-тенкĕ нумай уйăрать, колхозниксене ĕçкунĕ çине укçа та валеçсе парать. 1951 çулта пайланман фонда 112 пин тенкĕ, пĕлтĕр 151 пин тенкĕ хывнă. Колхоз 1950 çулта колхозниксене 145 пин тенкĕ, 1951 çулта 398 пин тенкĕ укçа валеçсе панă.

Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз—нумай енлĕ аталанакан хуçалăх. Вăл техникăллă культурăсенчен йĕтĕн акса тăвать. Иртнĕ çулта 15 гектар йĕтĕн акса, артель 151 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Кунсăр пуçне государство ăна йĕтĕн продукцийĕшĕн тулă, ÿсентăран çăвĕ, сахăр, жмых нумай панă.

Çакăн пек паха тĕслĕхсем чылай илсе кăтартма пулать. Лайăх пăхса çитĕнтерсен кантăрпа йĕтĕн пысăк тупăш панине «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн паянхи номерĕнче пичетленнĕ материалсем те уçăмлăн çирĕплетсе параççĕ.

Анчах та государство заданийĕсене ăнăçлă пурнăçлас ĕçре уйрăм колхозсен çитĕнĕвĕсем кăна тивĕçтерме пултараймаççĕ. Мĕнпур колхозсен малта пыракан ялхуçалăх артелĕсем пек ĕçлемелле. Çавăн пек чухне кăна пĕтĕмĕшле çитĕнÿ тума, Тăван çĕршыва техникăллă культурăсем çителĕклĕ тăратма пулать.

Йĕтĕн тата кантăр акса тăвас тĕлĕшпе пирĕн республика юлса пырать. Акă, йĕтĕн-кантăр акмалли плана 1950 çулта 85,5 процент, 1951 çулта 80 процент, 1952 çулта 86 процент кăна тултарнă. Кантăр акма панă задание иртнĕ çулта ултă район анчах пурнăçланă, хăшпĕр районсем йĕтĕн акмалли плана та тултарайман.

Нумай колхозсенче техникăллă культурăсен тухăçлăхне ÿстерме нимĕн те тумаççĕ, кантăрпа йĕтĕн акса тумалли агротехникăна хытă пăсаççĕ, ĕлĕкрен пыракан кивĕ йăлана пăрахаймаççĕ, кантăра тата йĕтĕне, ăшша юратакан культурăсем тесе, питĕ кая юлса акаççĕ.

Техникăллă культурăсене алăпа акни, малта пыракан агротехникăллă ĕçсене пурнăçламанни тухăçлăха ÿстерме хытă чăрмантарать. Çавсене пула ĕнтĕ уйрăм колхозсем йĕтĕнпе кантăра вăрлăхлăх та пухса кĕртеймеççĕ. Пăрачкав районĕнчи Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз çулсерен 13 гектар йĕтĕн акать. Анчах вăл иртнĕ висĕ çул хушшинче государствăна йĕтĕн сӳсĕ паманпа пĕрех. Çапла вара, колхоз çулсерен вăрлăх, ĕçкунĕ нумай пĕтерет, усă курас вырăнне тăкак кăна тӳсет.

Пухса кĕртнĕ хыççăн та техникăллă культурăсен продукцийĕ сахал мар пĕтеççĕ. Кувакино районĕнче кĕркуннеренпех йĕтĕне хăвăртрах çапса пĕтермелли çинчен калаçаççĕ, çав вăхăтрах 100 гектар çинчен татса кĕртнĕ йĕтĕне халĕ те çапман-ха. Кантăр продукцине типтерлесе хатĕрлес ĕçре те çитменлĕхсем нумай. Ку тĕлĕшпе уйрăмах Йĕпреç, Комсомольски, Октябрьски, Сĕнтĕр, Чурачăк, Шăмăршă, Шăхасан тата Тăвай районĕсем юлса пыраççĕ. Çакна пула ĕнтĕ, сăмахран, Йĕпреç районĕ государствăна кантăр сӳсĕ памалли плана пĕтĕмпе те 29 процент, кантăр вăрри хатĕрлемелли плана 33 процент ытларах çеç тултарнă.

Халĕ çураки валли техникăллă культурăсен вăрлăхне çителĕклĕ хатĕрлессишĕн кĕрешмелле. Нумай районсенче ку ĕçе пачах та хакламаççĕ Шăмăршă, Вăрмар, Чкаловски, Тăвай, Канаш районĕсем кантăр вăрлăхĕ мĕн пурĕ те 21 процентран пуçласа 45 процента çити кăна хатĕрленĕ.

Йĕтĕн тата кантăр акса тăвас ĕçри çитменлĕхсемшĕн, чи малтан, Ялхуçалăх министерствипе унăн вырăнти органĕсем тата машина-трактор станцийĕсем ответлă. Вĕсем йăнăшсемпе çитменлĕхсенчен çак таранччен те тивĕçлĕ выводсем туман-ха. Ялхуçалăх министерстви техникăллă культурăсем туса илес ĕçе тĕрĕс йĕркелес, вĕсене акса тума звеносем тăвас, ĕçшĕн тĕрĕс тӳлес ыйтусене халĕ те кирлĕ пек татса паман. МТС-сем хăйсен пуян техникипе йĕтĕн тата кантăр акса çитĕнтерме колхозсене çителĕксĕр пулăшаççĕ. Ялхуçалăх специалисчĕсем пысăк тухăçлă техникăллă культурăсемшĕн пыракан кĕрешĕве хăюллăн хутшăнмаççĕ.

Партипе правительство техникăллă культурăсен тухăçлăхне ÿстерсе пыма мĕн кирлине пĕтĕмпех туса параççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче йĕтĕн акса тăвассине, ăна пухса кĕртессине 1955 çулта 80—90 процент механизацилеме палăртнă. Çавна май унăн продукцийĕ 40—50 процент ÿсмелле, хура тăпраллă мар тăрăхра гектартан 4,5—5,5 центнер йĕтĕн сӳсĕ туса илмелле. Кантăр тухăçлăхне те чылай ÿстермелле.

Йĕтĕн тата кантăр туса илес ĕçре малта пыракансем, республикăри канашлăва пухăнса, хăйсен патриотла туйăмкăмăлне каласа пачĕç, вĕсем техникăллă культурăсем туса илес ĕçе малалла вăйлатса пыма социализмлă обязательствăсем йышăнчĕç.

«Эпир, канашлу участникĕсем,—тесе çыраççĕ вĕсем,—республикăри мĕнпур колхозниксене техникăллă культурăсене акма тĕплĕн хатĕрленсе çитме тата ака ĕçĕсене лайăх пурнăçлама социализмлă ăмăртăва анлăн сарса пыма, 1953 çулта йĕтĕн тата кантăр вăррипе сӳсĕн пĕтĕм тухăçлăхне, таварлăхне ÿстерессишĕн Морква тата Мари АССР-ĕсенчи йĕтĕнпе кантăр ăстисене социализмлă ăмăртăва тухма чĕнетпĕр».

Малта пыракансем 1953 çулта вăтам шутпа кашни гектартан 4,25-шер центнертан кая мар йĕтĕн-долгунец сӳсĕ, 4,1-шер центнертан кая мар йĕтĕн вăрри, акакан кашни гектар çинчен 4,25-шер центнертан кая мар кантăр сӳсĕ тата 4-шар центнер кантăр вăрри пухса кĕртме пулаççĕ.

Партипе совет тата ялхуçалăх органĕсен малта пыракансен социализмлă обязательствисене мĕнпур ял ĕçченĕсене ăнлантарса памалла, вĕсене пысăк тухăçлă техникăллă культурăсем туса илме мобилизацилемелле. Район руководителĕсен халĕ йĕтĕнпе кантăр акса тăвас тĕлĕшпе пулнă çитменлĕхсене пĕтерме, çуракине тĕплĕн хатĕрленсе çитме пур кирлĕ мерăсене те йышăнмалла, ялхуçалăх органĕсемпе специалистсен тата МТС-семпе колхоз руководителĕсен ĕçри ответлăхне тĕпрен ÿстермелле.

1953 çулта техникăллă культурăсем туса илес тĕлĕшпе правительство паракан заданисене ăнăçлă тултарассишĕн социализмлă ăмăртăва анлăн сарар!

# Чăваш республикинче йĕтĕн тата кантăр туса илес ĕçре малта пыракансен ОБЯЗАТЕЛЬСТВИСЕМ

Партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче çапла каланă: мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстересси, общественнăй вылăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ÿстересси малашне те ялхуçалăх енĕпе тĕп задача пулса юлать.

Çĕр ĕçĕ тата та тухăçлăрах, квалификациллĕрех пулмалла, унта курăк акса тăвасси вăйлă аталанмалла тата тĕрĕс пусă çаврăнăшĕсем пулмалла, техникăллă культурăсем, вылăх апачĕ, пахча çимĕç тата çĕрулми лартакан çĕр лаптăкĕ чылай ÿсмелле.

Çĕнĕ пилĕк çуллăх план тăрăх техникăллă хаклă культурăсем пулса тăракан йĕтĕн тата кантăр акакан çĕр лаптăкне, йĕтĕнпе кантăр тухăçлăхне малалла ÿстерме палăртнă. Пилĕкçуллăх хушшинче йĕтĕн сӳсĕ туса илесси 40—50 процент ÿсмелле, хура тăпраллă мар тăрăхра йĕтĕн тухăçлăхне гектар пуçне 4,5—5,5 центнера çитермелле, йĕтĕн-долгунец акас тата ăна пухса кĕртес ĕçе 80—90 процента çити механизацилемелле.

Республикăри малта пыракан колхозсен опычĕ çав задачăсене ăнăçлă пурнăçлама пирĕн пур майсем те çителĕклех пуррине кăтартса парать. Пăрачкав районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз 1952 çулта 15 гектар çинчен вăтам шутпа кашни гектартан 8 центнер йĕтĕн вăрри, 6 центнер йĕтĕн сӳсĕ туса илнĕ: Улатăр районĕнчи «Победа Октября» ялхуçалăх артелĕ 30 гектар çинчен гектар пуçне 7 центнер йĕтĕн вăрри пухса кĕртнĕ: Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз 20 гектар çинчен гектар пуçне вăтам шутпа 12 центнер кантăр вăрри, 10 центнер кантăр сӳсĕ туса илнĕ; Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозăн вăтам шутпа кашни гектартан 6,5 центнер кантăр вăрри, 7 центнер кантăр сӳсĕ тухнă. Çапла ĕнтĕ, çак колхозсем, республикăри тата ытти чылай колхозсем 1952 çултах çĕнĕ пилĕк çуллăх планпа 1955 çул вĕçĕ тĕлне туса илме палăртнинчен ытларах кантăрпа йĕтĕн туса илме пултарнă.

Анчах та республикăри нумай колхозсенче йĕтĕн тата кантăр туса илме кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Çав техникăллă культурăсене акма удобренисемпе начар çемçетнĕ, ăнсăртран суйласа илнĕ участоксем уйăраççĕ, малта пыракан агротехникăн пĕтĕм комплексне пурнăçламаççĕ. Кантăрпа йĕтĕне вăхăтра пухса кĕртмеççĕ, ăна лайăх типтерлесе хатĕрлемеççĕ, çавна пула вĕсен продукцийĕ нумай пĕтет. Йĕтĕнпе кантăр вăрлăхĕ туса илес ĕçе тивĕçлипе хакламаççĕ. Çаксене пула ĕнтĕ республикăри колхозсенче йĕтĕнпе кантăрăн пĕтĕм тухăçлăхĕ тата таварлăхĕ пĕчĕккĕ. Ку вăл государствăшăн та, колхозсен общественнăй хуçалăхĕшĕн те сиенлĕ, колхозниксен пурнăçне малалла лайăхлатса пыма та чăрмантарать.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне лартнă пысăк та ответлă задачăсене ăнланса, эпир, йĕтĕн тата кантăр туса илес тĕлĕшпе ĕçлекенсен республикăри канашлăвĕн участникĕсем, хамăр çине çакăн пек обязательствăсем илетпĕр:

1. 1953 çулта йĕтĕн тата кантăр акмалли çĕр лаптăкне, йĕтĕнпе кантăр тухăçлăхне ÿстерме правительство панă заданине пĕтĕмпех пурнăçламалла. Йĕтĕнпе кантăр акмалли плана кашни район тăрăх, районта кашни колхоз тăрăх тултармалла. 1953 çулта вăтам шутпа кашни гектартан 4,25-шер центнертан кая мар йĕтĕн-долгунец сӳсĕ тата 4,1-шер центнер йĕтĕн вăрри туса илмелле; акакан кашни гектар çинчен 4,25-шер центнертан кая мар кантăр сӳсĕ тата 4-шар центнер кантăр вăрри пухса кĕртмелле.

2. Çуракине кăтартуллă хатĕрленсе çитмелле, çывăх кунсенчех йĕтĕнпе кантăра çапса пĕтермелле, февралĕн 15-мĕшĕччен кашни колхоз тăрăх çураки планне тултармалăх вăрлăх хатĕрлесе çитермелле.

3. Йĕтĕн тата кантăр акакан пур колхозсенче те уй-хир бригадисен составĕнче йĕтĕнпе кантăр туса илме звеносем организацилемелле, вĕсене участоксем çирĕплетсе памалла. Кашни звено тăрăх пысăк тухăçлă йĕтĕн тата кантăр туса илме кирлĕ мерăсем палăртмалла.

4. Йĕтĕнпе кантăра курăк акмалли уйлă пусă çаврăнăшĕсенче чи лайăх предшественниксем хыççăн тата удобренисемпе лайăх çемçетнĕ, кĕркунне çĕртме туса хăварнă пусăсене акмалла. Пусă çаврăнăшĕсенче кантăр акма яланлăха участоксем уйăрмалла, участоксене кашни гектар пуçне 50—60 тоннăран кая мар тислĕк тăкса çемçетмелле. Йĕтĕнпе кантăр калчине вырăнти тата минераллă удобренисемпе апат парас ĕçе анлă организацилемелле.

5. Йĕтĕнпе кантăрăн таварлă продукцине ÿстерес тĕлĕшпе, вĕсене вăхăтра пухса кĕртесси çине тата малтанлăха типтерлесе хатĕрлесси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла.

Йĕтĕне саралнă вăхăтра хăвăрт пухса кĕртмелле, кантăр пусине массăллăн чечеке ларнă вăхăтра татмалла. Йĕтĕн тата кантăр вăрри тăкăнса ан пĕтчĕр тесе, вĕсене хăвăрт çапса илмелле.

Йĕтĕне тата кантăра пухса кĕртнĕ çулах шыва хутса кăлармалла е çерем çине сарса пултармалла, типтерлесе хатĕрлемелле, çак ĕçе тепĕр çулхи çуркуннене хăвармалла мар.

6. Государствăна йĕтĕн тата кантăр продукцийĕ памалли çулталăкри плана кашни колхоз тăрăх правительство кăтартса панă срокра пĕтĕмпех тултармалла.

Эпир, канашлу участникĕсем, республикăри мĕнпур колхозниксене техникăллă культурăсене акма тĕплĕн хатĕрленсе çитме тата ака ĕçĕсене лайăх пурнăçлама социализмлă ăмăртăва анлăн сарса пыма, 1953 çулта йĕтĕн тата кантăр вăррипе сӳсĕн пĕтĕм тухăçлăхне, таварлăхне ÿстерессишĕн Мордва тата Мари АССР-ĕсенчи йĕтĕнпе кантăр ăстисене социализмлă ăмăртăва тухма чĕнетпĕр.

**Обязательствăсене кантăр тата йĕтĕн акса тăвас тĕлĕшпе ĕçлекенсен республикăри канашлăвĕнче сӳтсе явса йышăннă.**

# Вăйлă тырпулшăн пуçарнă кĕрешÿ

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Пĕрлешсе пысăкланнă «Путь Ленина» колхоз членĕсем иртнĕ çулта çĕрĕç культурине ÿстерес, общественнăй вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатас, артель хуçалăхне тĕреклетес тĕлĕшпе чылай пысăк çитĕнÿсем турĕç. Вылăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пур йышши вылăхсем енĕпе те ирттерсе тултарнă, унăн тухăçлăхне те ÿстернĕ.

Колхоз иртнĕ çулта вăтам шутпа кашни гектартан 90-шар пăт ыраш, 120-шер пăт урпа пухса кĕртнĕ. Уйрăм бригадăсен тырпул тухăçлăхĕ тата та пысăкрах.

Колхозниксем тунă çитĕнÿсемпе лăпланса лармаççĕ. Вĕсем, партипе правительство Чăваш республики ялхуçалăхĕ умне лартнă задачăсене тĕп вырăна хурса, артелĕн усă курман резервĕсене шута илсе, кăçал тырпул тухăçлăхне малалла ÿстерес, общественнăй хуçалăха аталантарас тĕлĕшпе иртнĕ çулхинчен пысăкрах обязательствăсем илчĕç.

Вăйлă тырпулшăн çуркуннепе çулла кăна мар, хĕлле те çине тăрса ĕçлемелле. «Путь Ленина» колхозра çавна лайăх асра тытаççĕ. Халĕ кунта хĕрÿ ĕç пырать. Вăрлăх хунă амбарсем патĕнче сортировкăсен шавĕ инçетренех илтĕнет. Колхозниксем вăрлăха пĕр хут тасатнă. Ялхуçалăх артелĕ чи лайăх сортлă тырăсем акать. Пĕтĕм вăрлăха Çĕрпӳри «Главсортзерно» пунктĕнчен улăштарса килнĕ. Халĕ ăна иккĕмĕш хут тасатаççĕ. Ку ĕçре «ВВС-2» çĕнĕ сортировкăпа усă курни чылай пулăшать, ĕçе çăмăллатать.

Артель кашни çулах нумай çул ÿсекен курăксем акать. Кăçал акма курăк вăррисем çителĕклĕ хатĕрленĕ. 6 центнер клевер тата судан курăк вăррисене тасатса хунă.

Вăрлăхсем мĕнле сыхланса тăнине правлени членĕсем, колхоз агрономĕ тăтăшах тĕрĕслесе тăраççĕ.

Кăçал уй-хире 10.000 лав тислĕк кăлармалла пулсан, колхозниксем 13.000 лав кăларма палăртрĕç. Халĕ тислĕк турттарас ĕçре кашни кун 10—15 лав ĕçлет, куллен çĕршер лав кăлараççĕ.

Кӳршĕри «Маяк» колхоз «Путь Ленина» колхозпа пĕрлешиччен уя тислĕк кăларассине хакламан. Çĕрнĕ тислĕке витесем умне купаласа пынă. Пĕрлешсе пысăкланнă колхоз членĕсем çав паха тислĕке çĕрулми, пахча çимĕç, кантăр акмалли вырăнсем çине кăларма тытăннă. Колхозниксем колхоза хăйсен килĕсенчи тислĕке те параççĕ. Уя кăларакан тислĕке пысăк купасене купаласа хураççĕ, лайăх пусăрăнтараççĕ.

Колхоз юлашки çулсенче тăпрана çĕнетес ĕçре минераллă удобренисемпе усă курма тытăнчĕ. Çитес çуркунне 291 гектар йышăнакан ыраш калчине тата çуртри акмалли 300 гектар çĕр лаптăкĕ çине минераллă удобрени сапмалла. Кантăр акмалли пусса тата çĕрулми лартмалли вырăнсене кашни гектар пуçне 6—8 центнер тĕрлĕ минераллă удобренисем кăларма палăртнă. Минераллă удобренисем 150 тонна туяннă. Артель тăпра йӳçĕкне пĕтерме 500 тонна известь хатĕрлет.

Уй-хир ĕçĕсен пысăк пайне тракторсемпе тумалла. Кунта çулсеренех уйрăм трактор бригади ĕçлет. Çавăн пекех лашасемпе те чылай ĕçсем тума палăртнă. Лашасене лайăх хĕл каçарассишĕн, çуракине вăйлă та мăнтăр кăларассишĕн хытă тăрăшаççĕ. Халĕ вĕсене кашни кун 2—4-шар килограмм сĕлĕ, 4—5 килограмм утă параççĕ, вăхăтра шăвараççĕ. Вылăх апатне типтерлĕ тытаççĕ.

В. Константиновпа А. Михайлов тимĕрçĕсем çуракинче ĕçлеме кирлĕ машинăсене юсаса пĕтерчĕ. 36 плуг, 7 сеялка, 50 сӳре юсанă. Ялхуçалăх машинисене сарайсене вырнаçтарса лартнă.

Колхозра агротехникăна вĕренмелли висĕ çуллăх курс ĕçлет. Ăна колхоз агрономĕ В. Адрианова юлташ ертсе пырать. Курса 30 çын ытла çӳрет.

Ял ĕçченĕсем, тырпул тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе партипе правительство лартнă задачăсене асра тытса, кăçал кашни гектартан 18-шар центнер тĕштырă туса илме пулаççĕ.

Пысăк тухăçлă тырпулшăн пуçарнă кĕрешÿ вăйлансах пырать. Колхозниксем çуракине пур енчен те вырăнти Советсене суйламалли кун тĕлне хатĕрленсе çитессишĕн мĕнпур вăя хурса ĕçлеççĕ.

**Ф. АЛЕКСАНДРОВ.**
**В. РОМАНОВ.**

# Çуракине хатĕрленесси юлса пырать

ХĔРЛĔ ЧУТАИ. Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Н. Алексеев юлташ) иртнĕ çул та çуракине çителĕксĕр хатĕрленсе тухрĕ, хĕллехи агротехника ĕçĕсене тивĕçлипе пурнăçласа пымарĕ.

Колхоз кăçал та пĕлтĕрхи йăнăшсене тăвать. Çак таранă çитсе те вăрлăх фончĕсем туса çитермен. Хуратул, вир, вика, йĕтĕнпе кантăр вăрлăхĕсем, нумай çул ÿсекен курăк вăрри пачах çук.

Колхоз правленийĕ авăн çапас ĕçе тăсса пырать 170 гектар çинчен вырса кĕртнĕ тырă халĕ те капансенчех. Кунта тахçантанпах МТС-ри 13-мĕш трактор бригадин «МК-1100» молотилки ларать, колхозăн хăйĕн те 6 лаша вăйĕпе ĕçлемелли çĕнĕ молотилка пур. Трактор бригадин бригадирĕ П. Черенхеев юлташ авăн çапас ĕçе хăвăртлатма тесе татах тепĕр мотор илсе килнĕ. Апла пулин те авăн çапасси çав-çавах ерипен пырать. Колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизаци колхозниксене ĕçе хутшăнтарма тăрăшмаççĕ, авăн çапма хăшпĕр кунсенче 10—15 çын çеç тухать.

Колхоз хĕллехи агротехника ĕçĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе те нимех те туман, хире пĕтĕмпе те 180 лав кăна тислĕк кăларнă. Кайăк кĕшĕк тислĕкĕ, кĕл пухасси, кĕç калчисем çине юр тытса хăварасси, минераллă удобренисем кӳрсе килесси çинчен сăмах тапратакан та çук. Колхозниксене агротехникăна вĕрентессине те организациленмен.

Ялхуçалăх машинисене юсама тытăнман, вĕсене тимĕрçĕ лаççи патне халĕ те илсе пыман-ха.

Çуракине хатĕрленес ĕç чăтма çук сӳрĕк пулса пынине ял Совет председателĕ П. Гаврилова юлташ курсах тăрать, анчах çак çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме нимĕнле мерăсем те йышăнмасть.

Колхозри пуçламăш парторганизаципе комсомол организаци секретарĕсем В. Гавриловпа А. Удиванов юлташсем çуракине хатĕрленес ĕçе хăвăртлатма коммунистсемпе комсомолецсене ответлă участоксене уйăрса лартман, колхозниксем хушшинче ăнлантару ĕçне туса пырассине те манăçа хăварнă.

**В. ЧОБАИКИН.**

# Январь уйăхĕнчи плана срокчен тултарнă

Шупашкарти пир-авăр фабрикинчи рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем ĕçсыннин депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлавне производствăра çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илессишĕн кĕрешеççĕ. Фабрика коллективĕ январь уйăхĕнчи производство планне срокчен тултарнă, февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне планран иртгерсе 30.000 метр катам пир тĕртсе кăларнă.

Çип арлакансен Амелькинăпа Саляева ертсе пыракан бригадисем, пир тĕртекенсен Рыбкина ертсе пыракан бригада уйрăмах лайăх ĕçлеççĕ. Вĕсем уйăхри задание 130 процент пурнăçланă.

Фабрика коллективĕ вырăнти Советсен суйлав кунĕ тĕлне икĕ уйăхри производство планне тултарассишĕн кĕрешет.

# СОВЕТ СОЮЗĔ ТĂРĂХ

### ЛЕНИНГРАДРИ ПĔР АГИТПУНКТРА

ЛЕНИНГРАД, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Агитпунктăн лайăх илемлетнĕ залĕнче çутă та илемлĕ. Ĕçсыннисем кăсхине агитпункта пухăнма юратаççĕ. Пилĕк çул каялла уçнă çак агитпункт Ленинградри Куйбышевски районĕнчи чи лайăх ĕçлекен агитпункт шутланать. Докладсемпе лекцисем иртгерсе, суйлавçăсене наукăпа техникăри тата литературăри çĕнĕ ĕçсемпе паллаштараççĕ. Агитпункт организациленипе суйлавçăсем хулари музейсене кайса кураççĕ.

Агитпункт ĕçне Ленинградри филармонири парторганизаци активлă хутшăнать. Коммунистсем стена хаçачĕсем кăларма пулăшаççĕ, суйлавçăсемпе калаçусем иртгтереççĕ. Январь уйăхĕнче агитпунктра суйлавçăсем валли партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен, И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ çинчен лекцисем иртгернĕ, «В. И. Ленин сăнарĕ литературăпа искусствăра» темăпа литература вечерĕ тата çамрăксен вечерне иртгернĕ.

Ĕнер агитпунктра вырăссен аслă композиторĕсен творчествине кăтартса памалли музыка вечерĕсем пуçланнă. Малтанхи концерт-лекцие П. И. Чайковский творчестви çинчен иртгернĕ.

Агитпунктра выставка уçălнă. Фотоÿкерчĕксемпе диаграммăсем совет халăхĕ промышленноçра, ялхуçалăхĕнче, транспортра тунă çитĕнÿсене, ĕçсыннисен пурнăçĕ лайăхланса, культури ÿссе пынине кăтартса параççĕ. Выставка пирĕн Тăван çĕршыв пиллĕкмĕш сталинла пилĕкçуллăхра мĕнле аталанса пымаллине те кăтартса парать.

### АТĂЛПА УРАЛ ХУШШИНЧЕ КАНАЛ ТУНĂ ÇĔРТЕ

СТАЛИНГРАД, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Атăлпа Урал хушшинчи канала чавакансем Атăл леш енчи çеçенхире инçетерех те инçетерех кайса пыраççĕ. Кунта çĕр чавмалли техникăпа хĕллехи условире лайăх усă курассишĕн механизаторсен ăмăртăвĕ саралнă. Январь уйăхĕнче тăпра чавса кăлармалли плана 1,5 хута яхăн тултарнă.

Январь уйăхĕнче гидромеханизаторсем шлюз пулмалли вырăнта котлован чавма тытăннă. Чавса кăларакан тăпра перемычка пулмалли вырăна вĕçĕмсĕр куçса тăрать. Котлованран чавса кăларакан çур миллион кубометр тăпрана перемычка тунă çĕре купалаççĕ. Ахтуба юханшывĕн çурри таран перемычка туса çитернĕ.

Çĕр айĕнчи шыва уçласа кăлармалли система тăвас ĕç ăнăçлă пырать. Çĕнĕ майпа ĕçлесе, кĕске вăхăтрах çĕр айĕнчи шыва уçласа кăларма 100 шăтăк ытла пăраласа шăтарнă, иртнĕ вăхăтра çавăн чухлĕ ĕç тума вуншар хут ытларах вăхăт кирлĕ пулнă.

Атăлпа Ахтуба айлăмĕн районĕнче çуркуннехи шывран сыхланма хатĕрленес ĕç анлăн саралса пырать.

### МТС-ри ÇĔНĔ ТЕХНИКА

ОДЕССА, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Январь уйăхĕнче облаçри МТС-сене тата вăрман лартса ÿстерекен станцисене дизеллĕ çĕнĕ тракторсем тата трактортан кăкарса ĕçлемелли хатĕрсем нумай илсе килнĕ.

Одесса облаçĕн кăнтăр енчи районĕсенчи колхозсенче кăçал малтанхи хут пахча çимĕç культурисене акас ĕçе механизацилеççĕ. Пахча çимĕç вăрлăхне сеялкăсемпе акмалла тăваççĕ. Пропашной культурăсене машинăсемпе акасси анлăн саралать. МТС-сене пропашной культурăсем акмалли 100 сеялка илсе килеççĕ. Машина-трактор станцийĕсен пропашной тракторсем, тăпран сухалакан сийне тăрăнлатмалли плугсем, культиваторсем, тырă тасатмалли установкăсем тата ытти техника та нумайрах пулать.

### ЧИ ЛАЙĂХ ĔÇЛЕКЕН МАРТЕН ЦЕХĔНЧЕ

МАГНИТОГОРСК, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Магнитогорскри металлурги комбиначĕн пĕрремĕш мартен цехĕн коллективĕ иртнĕ çулхи тăваттăмĕш кварталта Пĕтĕм Союзри социализмлă ăмăртура мала тухнă. Ку цеха — «Совет Союзĕнчи чи лайăх ĕçлекен мартен цехĕ» ятне панă.

Цехри хурçă шăратакансем кашни кунах графикра кăтартнинчен хăвăртрах хурçă шăратса кăлараççĕ. Андриевский, Соколов тата Мальцев бригадисенчи хурçă шăратакансем ĕç вăхăтне нумай перекетлеççĕ.

### ПРИМОРЬЕРИ ПУЛĂÇСЕН ÇИТĔНĔВĔ

ВЛАДИВОСТОК, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Приморьери пулăçсем январь уйăхĕнче пулă тытмалли плана срокчен тултарнă. Планран иртгерсе 11,5 пин пăт пулă тытса панă. 1952 çулхи январь уйăхĕнчипе танлаштарсан, 2,3 хут нумайрах пулă тытнă.

*Малта пыракансен опытне—мĕнпур колхозсене*

# Техникăллă культурăсен тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе татăклă улшăну тумалла

Январĕн 27-мĕшĕнче йĕтĕн тата кантăр акса тăвакансен республикăри канашлăвĕ пулса иртрĕ.

Техникăллă культурăсем тĕлĕшпе нумай колхозсем начар ĕçлеççĕ-ха, агротехника кăтартăвĕсене кирлĕ пек пурнăçламаççĕ, государствăна йĕтĕнпе кантăр продукцийĕ памалли плана тултарса пыраймаççĕ.

Пысăк тухăçлă йĕтĕн тата кантăр туса илекен колхозсен опытне мĕнпур ялхуçалăх артелĕсене сарас шутпа. «Коммунизм ялавĕ» хаçат паянхи номерте канашлура тухса каланă юлташсен сăмахĕсене пичетлесе кăларать. Вĕсем хăйсен ĕç опычĕ çинчен каласа кăтартаççĕ.

## Тăван çĕршыва сÿс-кантăр ытларах парассишĕн

**Елчĕк районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ В. Скворцов юлташ каланă сăмахран**

Партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăх ĕçченĕсем умне пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Колхозсен тырпул тухăçлăхне малашне те ÿстерсе пымалла.

Пирĕн Свердлов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн, виçĕ пĕчĕк колхозсем пĕрлешнĕ хыççăн, акмалли çĕр лаптăкĕ 1.100 гектара çитрĕ. Эпир, тĕштырăсем туса илес ĕçе лайăхлатса пыма тăрăшнипе пĕрлех, техникăллă культурăсем те ытларах акса тума тытăнтăмăр. Иртнĕ икĕ çул хушшинче кантăр акакан лаптăка 31 гектара çити ÿстертĕмĕр, план тăрăх пирĕн 25 гектар кантăр акмалла пулнă.

Сÿс-кантăр тухăçлăхне ÿстересси, пысăк пахалăхлă продукци туса илесси ĕçре чи кирли тесе шутлатпăр эпир. Çакă вăл промышленноçа чĕртавар ытларах пама, колхоз экономикине малалла тĕреклетсе пыма май парать. Колхозниксен тăрăшнипе эпир 1951 çулта кашни гектартан 7,16 центнер кантăр вăрри, 3 центнер сÿс, иртнĕ çул вара 5,9 центнер кантăр вăрри, 5,5 центнер сÿс туса илтĕмĕр.

Кантăртан 1951 çулта 480 пин тенкĕ тупăш курнă. Кунсăр пуçне, государство 412 центнер тулă, 22 центнер жмых, 15 центнер ытла сахăр тата ÿсентăран çăвĕ пачĕ. Кантăр панă тупăшран колхозниксем кашни ĕçкунĕ пуçне 53-шер пус укса илнĕ.

1952 çулта пухса кĕртнĕ кантăр продукцине парса халлĕхе эпир 166 пин те 600 тенкĕ тупăш илтĕмĕр. Мĕнпур продукцине панă хыççăн тупăш 500 пин тенкĕ ҫхăн пулмалла.

Колхозăн пĕтĕм тупăшĕнче кантăр продукцийĕнчен илекен тупăш çулсеренех 55—60 процент йышăнать. Государствăна сÿс-кантăр хатĕрлесе памалли плана колхоз çулсеренех иртсе тултарать.

Пысăк тухăçлă кантăр туса илес тесен, агротехника ĕçĕсене тĕплĕн пурнăçласа пыни кирлĕ. Эпир кантăра Пăла юханшывĕн айлăмĕнче акса тăватпăр. Кунта, паллах, çĕр лайăх, анчах кунпах лăпланса лармастпăр. 1952 çулта кантăр акнă участока кĕркунне тарăн сухаласа хăварнăччĕ. Акас умĕн кашни гектар пуçне 15-шер тонна çĕрĕк тăпри кăлартăмăр. Кантăра вăхăтра акнă. Шăтса тухнă хыççăн кашни гектар çинчи калчана пĕр центнер кайăк-кĕшĕк каяшĕ, кĕл, кали тăварĕ сапса апат панă.

1953 çулта эпир кантăра пĕтĕмпех кĕрхи çĕртме тата хура çĕртме тунă вырăна—40 гектар çине акса тума палăртнă. Халĕ колхозниксем участока çĕрĕк тăпри турттараççĕ, ăна гектар çине 20 тонна кăларатпăр, çавăн пекех минераллă удобренисем те хатĕрлеме тытăнтăмăр.

Акма кантăр вăрри çителĕклĕ тасатса хунă, унăн пахалăхĕ аван.

Эпир Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕнчен республикăн кантăр районĕсем валли сÿс-кантăр завочĕ тума ыйтатпăр. Çакă вăл тăкаксем нумай пуласран хăтарать, лайăх пахалăхлă сÿс хатĕрлеме, кантăр туса илес ĕçе чылай йÿнетме май парать.

Пирĕн колхоз членĕсем, социализмлă ăмăртăва хутшăнса, çакăн пек обязательствăсем илеççĕ: кантăр акмалли плана пĕтĕмпех тултармалла; кашни гектартан 10 центнертан кая мар кантăр вăрри, 6,5 центнертан кая мар сÿс туса илмелле; агротехникăллă ĕççене пурне те тĕрĕс пурнăçласа пымалла; кантăра вăхăтра пухса кĕртсе, унăн продукцине государствăна памалли плана вăхăтра тултармалла.

Хамăр колхоз колхозникĕсен ĕмĕт-шухăшĕсене палăртса, çапла калатăп: эпир социализмлă обязательствăсене чыслăн пурнăçлама мĕн кирлине йăлтах тăвăпăр, Тăван çĕршыва пысăк пахалăхлă кантăр продукцийĕ парăпăр.



ЙЕТЕН-КАНТАР АКСА ТАВАС ЕÇРЕ МАЛТА ПЫРАКАНСЕМ (сулахайран сылтăмалла):
пĕрремĕш ретре—Т. А. КУЗИНА—Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз звеньевойĕ, В. М. СКВОРЦОВ—Елчĕк районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ. А. А. РЫБАКОВ—Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз бригадирĕ, А. О. ТЕНЬКОВ—Елчĕк районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз бригадирĕ;
иккĕмĕш ретре — А. М. КОЗЛОВА — Пăрачкав районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз членĕ, Д. С. СТЕПАНОВ — Комсомольски районĕнчи «Заветы Ильича» колхоз агротехникĕ, И. А. КОРМИЛИЦЫН — Пăрачкав районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз бригадирĕ, А. П. ЗАЙЦЕВА—Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз звеньевойĕ.

## Пысăк тухăçлă йĕтĕн ÿстерме вĕрентĕмĕр

**Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз председателĕ М. Хайлов юлташ каланă сăмахран**

Иртнĕ çулта пирĕн колхозра йĕтĕн лайăх пулчĕ. Ăна эпир 15 гектар çинче акса турăмăр. Кашни гектартан йĕтĕн вăрри 8 центнер, сÿсĕ 6 центнер тухрĕ. Çапла, йĕтĕн продукцине колхоз планпа пăхнинчен икĕ хута яхăн нумайрах илчĕ.

Йĕтĕн тухăçлăхне эпир унăн агротехникине тĕплĕн пурнăçланипе ÿстерсе пыратпăр. Йĕтĕн акма пăхнă вырăна яланах кĕркунне тислĕк тăкса тарăн сухаласа хăварнă. Тăпрари нÿре сыхласа хăварас тĕлĕшпе кĕрхи çĕртмене çуркунне яланах сÿреленĕ. Кун хыççăн тăпрана культиваторсемпе 10—12 сантиметр тарăнăш кăпкалатса сÿреленĕ. Акма тухас умĕн тăпрана 4—5 сантиметр тарăнăш иккĕмĕш хут культиваторпа кăпкалатнă, кашни гектар çине 1,5-шер центнер аммиак селитри сапнă.

Йĕтĕне эпир яланах хĕреслĕ майпа чи лайăх срокра акса пынă. Кашни гектар çине йĕтĕн вăррине 1,2-шер центнер кĕртнĕ. Вăрлăха сортланă тата Давыдов препарачĕпе имçамланă. Иртнĕ çулта акнă йĕтĕн вăрлăхĕн шăтас пахалăхĕ 99 процент пулнăччĕ.

Йĕтĕн калчи малтанхи вăхăтра вăраххăн ÿсет. Çак вăхăтра ăна çумкурăксем пусасран хытă сыхлас пулать. Иртнĕ çулта эпир йĕтĕне виçĕ талăк хушшинче татса пĕтертĕмĕр. МТС-ăн йĕтĕн татакан машинипе тухăçлăн ĕçлени нумай пулăшрĕ. Вăрри тăкăнса пĕтесрен йĕтĕне çинчĕ кун хушшинче çапса пуçтартăмăр.

Çапнă хыççăн сÿсне пултарма йĕтĕне çерем çине сармалла. Август уйăхĕнче çак ĕçе туса ирттерме иртнĕ çул хĕвеллĕ кунсем те, тата ир-кас сывлăм пулнипе çĕр çинче нÿрĕ те çителĕклĕ пулчĕç. Лайăх майсемпе тĕрĕс усă курса пирĕн колхоз пысăк пахалăхлă йĕтĕн сÿсĕ туса илме пултарчĕ, государствăна паха йĕтĕн сÿсĕ патăмăр.

Паха таварăн—хакĕ те пысăк. Йĕтĕн вăрри тата сÿс панăшăн государствăран колхоз 100 пин тенкĕ укçа, 520 килограмм сахăр, 12 тонна тулă, 12 центнер жмых илчĕ. Кунсăр пуçне йĕтĕн туса панăшăн государство тĕштырă хатĕрлесе памалли плана 30 процент чакарса пачĕ.

Йĕтĕн акса тăвас тĕлĕшпе пирĕн колхозра уй-хир бригадисенче ятарласа тунă звеносем ĕçлеççĕ. И. Кормилицын, С. Гришин тата Н. Кормилицын юлташсем ертсе пыракан бригадăсем йĕтĕн ÿстермелли агротехникăна вĕренсе лайăхлатса пыраççĕ, пысăк тухăçлă йĕтĕншĕн кĕрешеççĕ.

Техникăллă культурăсене тата ытти тырпула та пысăк тухăçлă туса илес ĕçре колхозниксене агротехника курсĕсенче вĕренни пысăк пулăшу парать. Агрозоотехника курсĕ ĕçлеме пуçлани виçĕ çул çитет ĕнтĕ. Нумай колхозниксем курсра вĕренсе хăйсен ĕç квалификацине хăпартса пыраççĕ.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисемпе хавхаланса, пирĕн колхозниксем кăçал тата хастарлăрах ĕçлеме пулса социализмлă обязательствăсем илчĕç. Колхоз йĕтĕн акмалли çĕр лаптăкне ÿстерет, ăна 30 гектар çинче акса тăвать, агротехникăллă мероприятисен пĕтĕм комплексне пурнăçласа, кашни гектартан йĕтĕн вăрри 9 центнер, йĕтĕн сÿсĕ 7 центнер ÿстерсе илме пулать. Çакăн пек обязательствăсем йышăнса, пирĕн колхозниксем кÿршĕри Жданов ячĕпе тăракан колхозри колхозниксемпе колхозницăсене социализмлă ăмăртăва тухма чĕнчĕç.

## Малта пыракансем пек ĕçлемелле

**Улатăр районĕнчи ялхуçалăх пайĕн агрономĕ М. Раков юлташ каланă сăмахран**

Улатăр районĕшĕн йĕтĕн—тĕп техникăллă культура. 1952 çулта ăна колхозсем 550 гектара яхăн акса тунă. Нумай ялхуçалăх артелĕсенче пĕлтĕр йĕтĕне вăхăтра, лайăх çемçетсе хатĕрленĕ çĕр çине акса хăварнă. Чылай колхозсенче ăна тăрăшса пăхса çитĕнтернĕ, çавăнпа йĕтĕн пысăк тухăçлă пулнă. Сăмахран, «Победа» артельте 24 гектар çинчен гектар пуçне 7,4 центнер йĕтĕн вăрри, 4,5 центнер сÿс туса илнĕ. Колхоз государствăна йĕтĕн вăрри памалли плана 11 хут, сÿс памалли плана 2,5 хут ирттерсе тултарнă. Çак техникăллă культура продукцийĕ кăна колхоза 89.311 тенкĕ тупăш панă, вăл шутран планран ирттерсе панăшăн 48 пин тенкĕ ытла премии илнĕ. Йĕтĕн акса тăвас тĕлĕшпе «Путь Ильича», «Красный луч» колхозсем те ăнăçлă ĕçлеççĕ. Вĕсем йĕтĕнрен 100-шер пин тенкĕ ытла тупăш илнĕ.

Ятарласа вăрлăх акса тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен хуçалăх—«Победа Октября» колхоз 1952 çулта 30 гектар йĕтĕн акнă. Вăл кашни гектартан 5,6 центнер сÿс, 6,5 центнер йĕтĕн вăрри пухса кĕртнĕ. А. Козлов юлташ бригади хăйĕн участокĕнче тата та тухăçларах йĕтĕн çитĕнтернĕ. Колхоз государствăна планпа палăртнинчен 6 хут ытларах йĕтĕн тата 10 хут ытларах йĕтĕн вăрри парса 203.100 тенкĕ тупăш илнĕ. Кунсăр пуçне, колхоза государство 303 центнер тырă, 35 центнер жмых, 586 килограмм сахăр, 585 килограмм ÿсентăран çăвĕ сутнă.

Кашни гектар йĕтĕн артеле 7 пин тенкĕ ытла тупăш панă.

«Победа Октября» колхозра агротехника ĕçĕсене тăрăшса пурнăçласа пынă, техникăллă культура акса тăвассине, ĕçшĕн тÿлессине лайăх йĕркеленĕ.

Йĕтĕне çерем ватса кĕрхи çĕртме тунă участока тата клевер уйĕ пулнă çĕре ир акса хăварнă. Ăна хĕреслĕ тата ансăр ретсем туса акнă. Гектар çине 1,6—1,8 центнер вăрлăх кĕртнĕ. Йĕтĕн акса тăвас ĕçе «Победа Октября» колхозра С. Корина агроном тата Д. Хренова полевод ертсе пыраççĕ.

Анчах, калас пулать, нумай колхозсенче йĕтĕн туса илмелли агротехникăна пăсаççĕ, механизмсемпе çителĕксĕр усă кураççĕ, ĕçе тĕрĕс организацилемеççĕ, йĕтĕн тухăçлăхĕ те пĕчĕккĕ пулать. Çавăнпа ĕнтĕ район государствăна йĕтĕн вăрри парса татайман, вăрлăх фончĕ çителĕклĕ хывман. Калинин ячĕпе тăракан, «Свободный труд», «25 лет ЧАССР», «Красная звезда» колхозсем 90 гектар çинчен татса кĕртнĕ йĕтĕне халĕ те çапса пĕтермен.

Техникăллă культурăсем акса тăвас енĕпе республикăри Ялхуçалăх министерстви те çителĕксĕр ĕçлет. Уйрăмах вăл çав культурăсене пухса кĕртес ĕçе механизацилеме сахал пулăшать. Пирĕн МТС-ăн йĕтĕн пухса кĕртекен комбайн, йĕтĕн татакан машинăсем çук. Йĕтĕн çапакан молотилкăсем те сахал.

Пирĕн умра халĕ ответлă задача тăрать: йĕтĕне хăвăртрах çапса пĕтерсе, унăн продукцине государствăна парса татмалла, паха вăрлăх çителĕклĕ хатĕрлемелле. Кăçал кашни колхозăн йĕтĕне ир, агротехника тĕлĕшĕнчен лайăх акса хăварассишĕн, кашни гектартан вăтам шутпа 4,6-шер центнертан кая мар йĕтĕн вăрри, 5-шер центнер сÿс туса илессишĕн кĕрешмелле.

## АГРОТЕХНИКА ЛАЙĂХЛАНСА ПЫРАТЬ

**Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз бригадирĕ А. Рыбаков юлташ каланă сăмахран**

Пирĕн колхоз кантăр акса тăвас ĕçĕн агротехникине çулсеренех лайăхлатса пыма тăрăшать. Çавна май унтан илекен тупăш та чылай ÿсрĕ. Акă, 1952 çулта кантăр продукцине государствăна парса 107.613 тенкĕ укçан, 200 центнер тулă, çу тата сахăр 400 килограмм илтĕмĕр.

Кантăр тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе иртнĕ çулта мĕнле агротехникăллă ĕçсем туса иртернине каласа кăтартас килет. Кантăра эпир кĕрхи çĕртме тунă участока сеялкăпа акрăмăр. Çĕртме пуссине кĕркунне кашни гектар çине 30-шар тонна тислĕк, 4,5-шер центнер фосфорлă удобрени кăлартăмăр, çуркунне, акас умĕн, пĕрер центнер хлорлă кали сапрăмăр. Акнă чухне вăрлăха гектар пуçне пĕрер центнер пĕрчĕлетнĕ аммиак селитрипе хутăштарнă. Калчана лайăхрах çитĕнме аммиак селитрипе апат панă. Чечеке ларнă вăхăтра кантăра искусственнăй майпа та шăркалантарнă.

Эпир пусана та, кантăра та вăхăтра татса тирпейлерĕмĕр. Вăтам шутпа гектартан 4,5 центнера яхăн кантăр вăрри, 7 центнер ытла сÿс туса илтĕмĕр

Çапах та эпир кантăр туса илме пĕтĕмпех вĕренсе çитнĕ теме çук. Малашне ку тĕлĕшпе ĕçлемеллисем нумай.

1953 çулта колхоз 40 гектар кантăр акма шутлать. Уй-хир бригадисен составне пăхса тухса, колхозниксем кантăр туса илме уйрăм бригада туча сĕнчĕç. Ку сĕнĕве шута илсе, колхоз правленийĕ эсĕ ертсе пыракан бригадăна 45 çын, тăвата лаша, сеялка, плугсем тата ытти инвентарь çирĕплетсе пачĕ

Эпир, хамăр вăйсене кура, 1953 çулта кашни гектартан 7 центнертан кая мар кантăр вăрри, 8 центнертан кая мар сÿс туса илес задача лартрăмăр. Çак обязательствăна пурнăçлама эпир чылай ĕçсем туса иртернĕ ĕнтĕ Кантăр акмалли вырăна кĕркуннех 30 сантиметр тарăнăш сухаланă. Кантăра уяр çанталăк тăнă чухне çапса лайăх вăрлăх хатĕрленĕ. Халĕ пĕтĕм лаптăк çинче юр тытрăмăр. Паянхи куна 1.000 лав тислĕк кăларнă, 240 центнер минераллă удобренисем кÿрсе килнĕ.

Бригада членĕсем агротехника курсĕнче вĕренеççĕ.

Эпир хамăр сăмаха тÿрре кăларма хастарлăн ĕçлеме пулатпăр, çĕнĕ пилĕкçуллăх заданийĕсене чыслă пурнăçлассишĕн социализмлă ăмăртăва хутшăнатпăр.

## Кантăр туса илес ĕçри пирĕн опыт

**Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз звеньевойĕ Т. Кузина юлташ каланă сăмахран**

Кантăр—пысăк тупăш паракан культура. Вăл пирĕн колхоза ытти тырпултан ытларах тупăш парать. Ăна эпир тахçантанпах акса пурăннă пулин те, хальхи пек пысăк тухăçла ÿстерме, пысăк тупăш илме пĕлмен. кантăр пурпĕрех тухăçлă пулмасть, тесе шутланă Кантăра иртнĕ вăхăтра ăшăх сухаланă хытă тăпра çине акнă, çĕре çемçетме тăрăшман. Акасса та яланах алăпа акнă, сÿрепе витсе хăварнă, акнă вăрлăха кайăксем çисе пĕтернĕ. Нумаях та пулмасть-ха эпир: кантăр ир аксан пулмасть, çуркуннехи сивĕпе пĕтет, теттĕмĕр. Халĕ эпир çавăн пек вырăнсăр пăшăрханусене йăлтах пăрахăça кăларнă, кантăр акса тăвас ĕçе тĕпренех лайăхлатнă. Пире колхозра агроном ĕçлеме пуçлани питĕ пулăшрĕ. Вăл пире, колхозниксене, çĕр ĕçне çĕнĕлле ĕçлеме вĕрентрĕ, çĕре лайăх ĕçлесен, тырпул тухăçлăхĕ вĕçĕмсĕр ÿсме пултарнине ĕнентерчĕ.

1947 çулта эпир 5 гектар кантăр акнă Ун чухне гектар пуçне 13,9 центнер кантăр вăрри, 7 центнер сÿс туса илтĕмĕр. Унтанпа пирĕн колхоз çак паха культурăна çултан-çул ытларах та ытларах акса тума пуçларĕ 1950 çулта 10 гектар кантăр акнă Кашни гектар çинчен 8,3-шер центнер вăрă, 7,5-шер центнер сÿс илнĕ. 1951 çулта кантăр лаптăкне 15 гектара çити ÿстертĕмĕр, кашни гектар çинчен 10-шар центнер вăрă, 8-шар центнер сÿс пухса кĕртрĕмĕр. 1952 çулта колхоз ăна 20 гектар çине акрĕ. Кантăр тата вăйлăрах пулчĕ. Эпир куншăн питĕ савăнтăмăр. Кашни гектартан 12,5-шер центнер вăрă, 8,5-шер центнер сÿс тухрĕ.

Ку вăл çав тери пысăк пуянлăх! Халĕ ĕнтĕ пирĕн колхозра кантăра хакламан çын çук. Кăçал эпир 45 гектар çине кантăр акма хатĕрленетпĕр.

Кантăр тăпра тирпейне, ăна ÿсме çемçе, кăпăш тăпра кирлине лайăх пĕлетпĕр. Çавăнпа ăна эпир Мăн Çавал хĕрринчи аслă улăха, çулсеренех юшкăн тăпри ларса юлакан вырăна акатпăр. Çĕре кĕркунне тракторпа 25—30 сантиметр тарăнăш сухаланă. çуркунне, акас умĕн, культиваци тунă. Çулсерен юшкăнпа пуянланса пынă май, кантăр акнă çĕр çине эпир халĕ тислĕк тăкмастпăр. минераллă удобренисемпе кăна усă куратпăр. Удобренисене кантăр акас умĕн культиваци тунă чухне кашни гектар çине çакăн чухлĕ сапнă, 3 центнер аммиак селитри, 5 центнер суперфосфат, 2 центнер кали тăварĕ.

Вăрлăх участокĕсем çине кантăр вăррине сеялкăсемпе сарлака ретлĕн акнă. Ретсен хушши—30 сантиметр. Кунсăр пуçне, сеялка çÿренĕ йĕрсем хушшине 45—50 сантиметр сарлакăш акмасăр хăварнă. Ку вăл—кантăр ани çине кĕрсе çÿреме кирлĕ хушăсем.

Ытти вырăна та кантăр вăррине сеялкăсемпе ретлĕн акнă, ретсен хушши 15 сантиметр пулнă. Кунта та сеялка çÿренĕ йĕрсем хушшине 45—50 сантиметр сарлакăш хăварнă.

Вăрлăх участокĕсем çине кашни гектар пуçне 60—70 килограмм, ытти вырăнсенче 100—120 килограмм вăрлăх акнă.

Акмалли вăрлăха эпир яланах кантăра çапнă чухнех суйласа илетпĕр, ăна çийĕнчех тасататпăр, сортласа вĕттисенчен уйăратпăр.

Кăçал эпир кашни гектар çинчен 14-шар центнер вăрă, 8,5-шер центнер сÿс туса илессишĕн кĕрешетпĕр. Кантăр акмалли вырăна кĕркуннех тарăн сухаласа хăварнă, вăрлăх та хатĕрлесе çитернĕ.

## Колхозниксен ĕçне хакламалла

**Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз звеньевойĕ Г. Петров юлташ каланă сăмахран**

Техникăллă культурăсем акса туни колхоза пысăк тупăш парать. Вĕсен продукцине государствăна планран иртерсе хатĕрлесе парсан, колхозсем государствăран укçа та, тĕрлĕ продуктсем те нумай илеççĕ. Апла пулсан, тухăçлă йĕтĕн-кантăр туса илекен колхозниксен ĕçне пысăка хурса хаклас пулать. Йĕтĕн-кантăртан илекен тупăшăн пĕр пайне колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх валеçсе памалли йĕркене çирĕп пурнăçласа пымалла. Çав йĕркене пирĕн колхозра хытă пăсаççĕ.

Йĕтĕн акса тăвакан звенора звеньевой пулса эпĕ 1948 çултанпа ĕçлетĕп. Ĕçлеме тытăнсанах эпир те йĕтĕн тухăçлăхĕшĕн хастарлă кĕрешнĕ. 1949 тата 1950 çулсенче пысăк тухăçлă йĕтĕн акса ÿстерсе, государствăна паха вăрлăхпа сÿс нумай хатĕрлесе панă. Акă, 1950 çулта звено 6 гектар çинчен гектар пуçне 8 центнер йĕтĕн вăрри, 7 центнер сÿс пухса кĕртсе государствăна пачĕ. Çакăншăн колхоз пĕчĕк мар тупăш илчĕ. Анчах темшĕн колхоз правленийĕ çав тупăшран йĕтĕн тухăçлăхĕшĕн гÿрĕ кăмăлпа ĕçленĕ колхозниксен законлă ыйтăвне тивĕçтерме шутламарĕ, мĕншĕн çавăн пек тунине ăнлантарса та памарĕç. Çакă ĕнтĕ чылай колхозниксен ĕçлес хастарлăхне чакарчĕ.

Колхоз правленийĕ йĕтĕн акса тăвас ĕç çине иртнĕ çулта та тивĕçлипе çаврăнса пăхмарĕ Йĕтĕн тухăçлă пулмарĕ. Вăтам шутпа вăрă гектартан 1,57 центнер, тылламан йĕтĕн 20 центнер кăна пухса кĕртнĕ.

Йĕтĕн акса тăвас ĕçе малалла та хакламасăр тăни колхоза пысăк сиен кÿрет. Кăçал эпĕ ертсе пыракан звено суракине пысăк хастарлăхпа хатĕрленет. Социализмлă ăмăртăва хутшăнса, эпир гектартан 8 центнертан кая мар йĕтĕн вăрри, 7 центнертан кая мар йĕтĕн сÿсĕ туса илессишĕн кĕрешме сăмах паратпăр. Звено колхоз правленийĕнчен техникăллă культура акса тăвас ĕç çине тĕплĕн çаврăнса пăхма ыйтать.

## ПЫСĂК ТУПĂШ ИЛЕТПĔР

**Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри звеньевой А. Зайцева юлташ каланă сăмахран**

Кантăр акса тăвас тĕлĕшпе эпир чылайранпа ĕçлетпĕр. Анчах вăл малтан тухăçлах пулмастчĕ. Çак çитменлĕх агротехника ĕçĕсене лайăх туса пыманнинчен килнĕ.

Партипе правительство куллен тăрăшнипе иртнĕ çулсенче колхозра çĕрĕç культури хăвăрт ÿсе пычĕ. Тĕштырăсен тухăçлăхĕ нумай ÿсрĕ, пысăк тухăçлă кантăр туса илме те вĕренсе çитрĕмĕр. Çак техникăллă культурăн тухăçлăхне ÿстерес тесе, эпир тăпрана 35—40 сантиметр тарăнăш сухалатпăр, кашни гектар çине 40-шер тонна тислĕк тăкатпăр, нÿрĕ ытларах сыхласа хăварма участока çуркунне ирех сÿрелесе тухатпăр. Вăрлăха акас умĕн пĕрчĕллĕ суперфосфатпа хутăштаратпăр, унтан ăна хĕреслĕ майпа акатпăр. Кашни гектар çинчи калчана 1,5 центнер аммиак селитрипе, пĕр центнер хлорлă калипе (вĕсене çĕрĕк тăприпе пĕрле хутăштаратпăр) апат паннине те каласа хăвармалла. Кантăр чечеке ларсан, ăна лайăхрах шăркаланма искусственнăй майпа пулăшатпăр. Пулса çитсен, кантăра тăкаксăр пухса кĕртетпĕр.

1951 çулта 30 гектар çинчен кашни гектар пуçне 11 центнер кантăр вăрри, 5 центнер сÿс туса илтĕмĕр. Иртнĕ çул та кантăр пысăк тухăçлă пулчĕ.

Пĕлтĕрхи кантăр продукцийĕ колхоза 436.680 пин тенкĕ тупăш пачĕ. Кунсăр пуçне, государство пире 500 центнер тулă, сахăр, çу тата жмых нумай пачĕ.

Кантăр туса илес ĕçре агротехникăна çулсерен лайăхлатса пыма тăрăшатпăр Ку тĕлĕшпе пире агротехника курсĕнче вĕренни нумай пулăшать.

Колхоз 1953 çулта кантăр акакан лаптăка 40 гектара çитерес, кашни гектартан 11-шер центнер кантăр вăрри, 7-шер центнер сÿс туса илес задача лартать.

## Пултаруллă бригадир

Первомайски районĕнчи «Пионер» колхозра бригадир пулса А. Рейнов юлташ 12 çул ĕçлет. Иртнĕ икĕ çул хушшинче вăл техникăллă культурăсем акса тăвакан бригадăна ертсе пычĕ. Бригада иртнĕ çулта 9 гектар çинче кантăр, 6 гектар çинче йĕтĕн акса гурĕ. Йĕтĕнпе кантăр агротехникине тĕрĕс пурнăçласа, бригада иртнĕ çулта колхоза пысăк тупăш кÿчĕ. Вăтам шутпа кантăр вăрри гектартан 10,24 центнер, сÿсĕ—6 центнер, йĕтĕн вăрри 5,2 центнер, сÿсĕ 4,5 центнер тухнă. Йĕтĕнпе кантăр продукцине парса, государствăран 150 пин те 544 тенкĕ укçа, 400 центнер тулă тата çу, сахăр, жмых чылай илнĕ.

Пысăк тухăçлă сÿс-кантăр туса илни колхозниксене те пысăк усă кÿрет. Йĕтĕнпе кантăртан илнĕ пĕтĕм тупăшăн 20 процентне колхоз çак культурăсене акса тунă бригадăри колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх валеçсе парать. Çапла, техникăллă культурăсем акса тăвакан бригадăри колхозниксем ĕçкунĕсем тăрăх пурĕ 30 пин тенкĕ укçа илеççĕ.

Колхоз кăçал техникăллă культурăсем акакан çĕр лаптăкне пысăклатать. 22 гектар кантăр, 15 гектар йĕтĕн акса тума палăртнă.

Бригадăри колхозниксем кăçал тата пысăкрах тухăçлă сÿс-кантăр туса илессишĕн социализмлă ăмăртăва тухрĕç. Вĕсем акакан кашни гектартан кантăр вăрри — 11 центнер, сÿс—8 центнер, йĕтĕн вăрри—7 центнер, сÿс—6 центнер туса илессишĕн кĕрешеççĕ.

**И. СОКОЛОВ.**

# Сталинград патĕнчи историллĕ çĕнтерӳ

**(Сталинград патĕнче нимĕçсен фашистла çарĕсене çапса аркатнăранпа 10 çул тултарнă тĕле)**

Вунă çул каялла—1943 çулхи февралĕн 2-мĕшĕнче—Сталинград патĕнчи питех те пысăк çапăçу вĕçленнĕ. Çакăн пек пысăк çапăçу унччен тĕнче историйĕнче урăх пулман. Çак кун мухтавлă совет çарĕсем Сталинград патĕнче хупăрласа илнĕ нимĕçсен фашистла çарĕсен пысăк ушкăнне пĕтерсе тăкнă. Çав ушкăн 22 дивизирен тăнă, вĕсенче пурĕ 330 пин çын пулнă.

Нимĕçсен фашистла çарĕсен çак пысăк ушкăнне аркатса пĕтĕмпех пĕтерсе тăкни тĕнче вăрçинче татăклă улшăну пуçарса ячĕ. Совет Çарĕ, Сталинград патĕнче стратегиллĕ пуçарăва хăй аллине илсе, ăна вĕçне çитиччен хăй алличе тытса тăчĕ. Сталинград патĕнче пулнă çапăçуран пуçласа гитлерла захватчиксене пирĕн Тăван çĕршывран массăллăн хăваласа кăларасси пуçланнă.

«Сталинград,— тесе кăтартса панă Сталин юлташ,— нимĕçсен фашистла çарĕн кун-çулĕ пĕтсе ларасси çывхарни пулса тăчĕ. Çакă паллă, Сталинград патĕнчи çапăçусем хыççăн нимĕçсем текех ураланаймарĕç».

Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсен Сталинград патĕнчи аслă çĕнтерĕвĕ пĕтĕм тĕнчипе историллĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăрать. Вăл фашистсен агрессиллĕ блокне тĕпренех кисретрĕ. Çак çĕнтерӳ гитлеровецсем вăхăтлăха тытса илнĕ çĕршывсенчи ĕççыннисене хаваслантарчĕ.

Сталинград патĕнчи çĕнтерӳ чапĕ çакăнпа та паллă: ăна вăйлă та ултавлă тăшмана хирĕç — фашистла Германине тата унăн сателличĕсене хирĕç кĕрешсе тунă. Америкăпа Англи империалисчĕсем, ултавлă политика тытса пырса, Советсен çĕршывне хавшатассишĕн тата ăна парăнтарассишĕн тăрса, хăйсем çине илнĕ союзникла обязательствăсене пурнăçламан, 1942 çулта иккĕмĕш фронт уçман. Çав вăхăтрах вĕсен ултă миллионлă çар тата хĕçпăшал та çителĕклех пулнă. Унтан та ытларах: вĕсем хăйсен монополийĕсемпе трестĕсене вăрçа хутшăнман çĕршывсем урлă фашистла Германие питĕ кирлĕ стратегиллĕ чĕртавар парса тăма ирĕк панă; çапла майпа, тĕрĕссипе илсен, гитлерла захватчиксене Совет Союзне хирĕç кĕрешес ĕçре пулăшнă. Çавăнпа пĕрлех США-па Англин ертсе пыракан ушкăнĕсем гитлеровецсемпе сепаратнăй договор тăвасси çинчен вăрттăн калаçусем иртернĕ.

Америкăпа Англи империалисчĕсем Совет Союзĕ тĕлĕшпе тытса пынă çак ултавлă политика нимĕçсен фашистла командованине çарсен тĕп вăйĕсене Совет Союзĕпе Германи хушшинчи фронта яма май панă. 1942 çулта гитлерла Германин 256 дивизи пулнă пулсан, Совет Çарне хирĕç нимĕçсен 179 дивизийĕ тата сателлитсен 61 дивизийĕ — пурĕ 240 дивизи вăрçнă.

Наступление хатĕрленсе, нимĕçсен фашистла командованийĕ авантюристла план туса хатĕрленĕ. Çак план тăрăх, Сталинграда вăйлăн пырса çапмалла пулнă, унтан вара, Сталинграда тытса илнĕ хыççăн, тĕп вăйсене Атăл тăрăхне илсе тухмалла пулнă, хĕвелтухăçĕнчен Мускав патне тухса, ăна Атăлпа Урал тылĕнчен татма, Совет Союзĕн столицине тытса илме, вăрçа 1942 çулта çĕнтерӳпе вĕçлеме палăртнă пулнă.

Гитлеровецсен планĕ тăрăх тĕп тĕллево пурнăçлама пулăшас майпа Кавказ енне, нефть тухакан районсем—Грозный, Баку енне пыма палăртнă пулнă. Кунта тĕп тĕллев Совет Верховнăй Главнокомандованийĕн тĕп резервĕсене кăнтăр еннелле илтерсе пырасси, çапла майпа Совет Çарĕн Мускав патĕнчи вăйĕсене хавшатасси пулнă. Çав вăхăтрах нимĕçсем Кавказра нефть тухакан районсене тытса илес задача лартнă.

Нимĕçсен фашистла командованийĕн çак планĕ авантюристла, юрăхсăр пулни хăйсен вăйĕсене ытлашши хакланинчен тата Совет Союзĕн вăйĕсене тивĕçлипе хакламаннинчен килнĕ.

Курскран кăнтăртарах пысăк вăйсем пухса, гитлеровецсен командованийĕ июнь уйăхĕн вĕçĕнче наступлени пуçланă. Пысăк сухатусем тӳссе, июнĕн 17-мĕшĕ тĕлне Дон еннелле куçса пынă тата 62-мĕш çарăн малта тăракан чаçĕсене хирĕç çапăçма тытăннă. Сталинград фрончĕн 62-мĕш çарне ун чухне Сталин юлташ приказĕ тăрăх тунă. Çапла вара, Сталинградшăн çапăçу пуçланнă.

Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсен Верховнăй Главнокомандующийĕ Сталин юлташ, тăшман шухăшне çийĕнчех асăрхаса илнĕ тата, çав вăхăт тĕлне пулса тăнă лару-тăрăва шута илсе, тăшмана Сталинград патĕнче çапса аркатма научнăй план туса хатĕрленĕ Çак план тĕллевĕ вăл активлă оборонăна тăрса çапăçса тăшмана вăйсăрлатасси, унăн чĕрĕ вăйĕпе техникине пысăк сухатусем тӳстересси, стратегиллĕ резервсем пухма вăхăт тупасси, ударнăй группировкăсем туса чи юрăхлăрах вăхăтра контрнаступление куçса, тăшмана çапса аркатасси пулнă.

Сталин юлташ Сталинград патĕнче нимĕçсен фашистла захватчикĕсене çапса аркатма тунă гениллĕ план ку чухнехи вăрçă вăрçмалли закономерноçсене пĕлни çинче тата хамăр вăйсене те, тăшман вăйĕсене те тĕрĕс шута илни çинче никĕсленсе тăнă.

Гитлеровецсем Сталинграда хăвăрт тытса илме хăтланни йăлтах пĕтсе ларнă. Тăшман пысăк сухатусем тӳссе 1942 çулхи сентябрь уйăхĕн варринче хула патне ҫырса тухнă. Сталинградри урамсемпе площадьсенче кашни кварталшăн, кашни çуртшăн, кашни заводшăн, çуртсенчи пусмасемпе этажсемшĕн хаяр çапăçусем пуçланса кайнă. Ленин—Сталин воспитани панă тата пирĕн социализмлă Тăван çĕршыва чун-чĕререн вĕçĕмсĕр парăннă Совет Çарĕн воинĕсем тĕлĕнмелле паттăрлăх кăтартнă. Вĕсем хаяр çапăçусенче тăшманăн чĕрĕ вăйне пĕтерсе, ăна хавшатса пынă.

Хула халăхĕ фронта хастарлăн пулăшнă. Сталинградри заводсенче ĕçлекен рабочисем, тăшман бомбăсем вĕçĕмсĕр пăрахнине тата артиллерирен пенине пăхмасăр, хĕçпăшал туса кăларнă. Вуншар пин ополченецсем тăван хулана хӳтĕлеме çĕкленнĕ.

Сталинграда геройла хӳтĕлес ĕçе аслă Сталин ертсе пынă. Питех те йывăр кунсенче, тăшман 62-мĕш çара шыва ывăтса пăрахас тĕллевпе Атăл патнелле тискер кайăк пек тапăнса пынă чухне, Сталин юлташăн сăмахĕсем, эпир пурпĕрех çĕнтерессе шантаракан сăмахсем пĕтĕм тĕнчипе янранă:

«Хĕрлĕ Çар пырса çапнисен вăйне тăшман Ростов патĕнче, Мускав патĕнче, Тихвин патĕнче пĕрре тӳсе курчĕ ĕнтĕ. Тăшман Хĕрлĕ Çар çĕнĕрен пырапыра çапнин вăйне пĕлес кун инçе мар. Пирĕн урамра та праçник пулать!» (И Сталин. «Совет Союзĕн Аслă Отечественнăй вăрçи çинчен», 5-мĕш изд., 81 стр.).

Çак праçник часах çитрĕ. Сталин юлташ приказне тата унăн гениллĕ планне пурнăçласа, ноябрĕн 19-мĕшĕнче Кăнтăр-Хĕвеланăç фронтĕнчи совет войскисем, ноябрĕн 20-мĕшĕнче Сталинград фронтĕнчи войскăсем контрнаступление куçрĕç, тăшман оборонине татрĕç тата ноябрĕн 23-мĕшĕнче Калач — Советски районĕнче пĕрлешсе, нимĕçсен фашистла çарĕсен пысăк ушкăнне хупăрласа илчĕç.

Хупăрласа илнĕ çарсене тăшман блокадăран кăларма хăтланса пăхнă. Çав тĕллевпе Тормосино тата Котельничи районĕнче икĕ ударлă группировка тунă. Вĕсене Совет Çарĕсем аркатса тăкнă.

Сталинград патĕнче нимĕçсен фашистла çарĕсене хупăрласа илни совет çарĕсене Ленинградран пуçласа Кавказа çитианлă фронтпа наступление куçма лайăх майсем туса пачĕ.

1943 çулхи январĕн 10-мĕшĕнче, нимĕçсен фашистла командованийĕ парăнма килĕшӳ паман хыççăн, Дон фронтĕнчи çарсем хупăрласа илнĕ тăшман çарĕсене пĕтерме тытăнчĕç. Совет Çарĕсем январь уйăхĕн вĕçĕ тĕлне çав ушкăна икĕ пая—сурçĕрти тата кăнтăрти пая уйăрчĕç. Январĕн 31-мĕшĕнче кăнтăрти группировкăна пĕтерсе тăкнă тата хупăрласа илнĕ пĕтĕм çарсен командующине Паулюс фельдмаршала, штабĕпе пĕрле, тыткăна илнĕ. Февралĕн 2-мĕшĕнче кăнтăрти группировка парăннă. Совет Çарĕсем нумай трофейăсем тата 91 пин çынна ялăн тыткăна илнĕ, тыткăна илнисем хушшинче—24 генерал тата 2.500 офицер пулнă. Сталинград патĕнче аслă çапăçу çакăн пек вĕçленнĕ.

Сталинград патĕнчи çапăçу Совет Союзĕн тата унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсен никам хавшатаймми вăйне пĕтĕм тĕнчене кăтартса пачĕ.

Сталин юлташ 1943 çулхи ноябрĕн 6-мĕшĕнче тунă докладра çапла каланă: «Хальхи вăрçă Ленинăн паллă кăтартăвне—вăрçă кашни халăхăн мĕнпур материальнăй тата духовнăй вăйĕсене пур енчен те тĕрĕслесе тухни пулса тăрать, тесе кăтартса панисене — пĕтĕмĕшпех çирĕплетсе пачĕ. Вăрçăсен историйĕ çакна вĕрентет: хуçалăх аталанăвĕпе организацийĕ тĕлĕшĕнчен, хăйĕн çарĕсен опычĕпе ăсталăхĕ тата çапăçури вăй-хăвачĕ тĕлĕшĕнчен, вăрçă пынă тапхăрта халăх мĕн чухлĕ тӳсĕмлĕ те пĕрлĕхлĕ пулни тĕлĕшĕнчен хăйĕн тăшманĕнчен вăйлăрах пулакан государство кăна çав тĕрĕслеве тӳссе иртерме пултарать. Шăпах пирĕн государство çавăн пек государство пулса тăрать те ĕнтĕ» (Çавăнтах, 119 стр.).

Вăрçă вăхăтĕнче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ массăсемпе çыхăнса ĕçлесси татах та тĕрекленчĕ. Вăрçăн чи йывăр тапхăрĕсенче совет халăхĕ пирĕн парти тавра, аслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр Сталин юлташ тавра тачăрах пĕтĕçсе пычĕ. Сталинград патĕнчи çапăçу вăхăтĕнче те çавăн пекех пулчĕ. 1942 çулхи сентябрь — декабрь уйăхĕсенче совет воинĕсем çур миллион çынна яхăн Коммунистсен партине кĕнĕ. «Отечественнăй вăрçă кунĕсенче,— тенĕ Сталин юлташ,— парти пирĕн умма фашистла захватчиксене хирĕç пĕтĕм халăх кĕрешĕвне хавхалантарса тата организацилесе пыраканни пулса тухса тăчĕ... Вăрçă вăхăтĕнче парти халăхпа татах та ытларах тăванланчĕ, ĕççыннисен анлă массисемпе татах та таччăнрах çыхăнчĕ» (Çавăнтах).

Сталинград патĕнчи çапăçу Сталин юлташăн полководецла генийĕ, вăрçă çинчен вĕрентекен сталинла наука вăрçă çинчен вĕрентекен буржуалла наукăран питĕ нумай, малта тăнине, пĕтĕм тĕнчене кăтартса пачĕ Сталин юлташ ертсе пынипе Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем тăшманăн чи пысăк ушкăнне хупăрласа илес тата пĕтĕмпех пĕтерсе тăкас тĕлĕшпе классикăлла операци туса иртт... «Сталинград» тени тăшмана хупăрласа илес тĕлĕшпе ку чухнехи классикăллă операци тĕслĕхĕ пулса тăчĕ.

Сталинград патĕнчи çĕнтерӳ пĕтĕм тĕнчене, пĕтĕм Европăн халăхĕсене хускатрĕ,— ун чухне Европăн ытларахăш пайне гитлерла оккупантсем хăйсен аллинче тытса тăнă. «Сталинград» тенĕ сăмах совет халăхĕн хăюлăхĕпе паттăрлăхĕн символĕ, социализм çĕршывĕн никам аркатайми вăй-хăвачĕн символĕ пулса тăчĕ.

Сталинград патĕнче тăшман çарне çапса аркатнăранпа тата пĕтерсе тăкнăранпа вунă çул иртрĕ. Совет халăхĕ, Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе, çак вăхăт хушшинче кĕрешӳпе çĕнтерӳсен мухтавлă çулне утса тухрĕ. Çак тапхăрта ĕççыннисем вăрçă кунĕ йывăр суранĕсене тӳрлетсе çитерчĕç тата пирĕн Тăван çĕршывăн экономикипе культурине хăватлăн малалла ӳстерсе вăйлатрĕç. Коммунизм тумалли сталинла план ăнăçлăн пурнăçланать. Совет çыннисем пысăк гидроэлектростанцисемпе каналсем тăваççĕ, çутçанталăка урăхлатса çĕнетмелли плана—Сталин юлташ пуçарнипе туса хатĕрленĕ плана пурнăçласа пыраççĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисемпе, Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕпе—социализмран коммунизма куçмалли çулсене кăтартса паракан произведенипе—хавхаланса, совет çыннисем çав тери хастарлăн кĕрешсе, хăйсен Тăван çĕршывĕн вăй-хăватне тĕреклетеççĕ, коммунизм туса çитерес ĕçĕн хăвăртлăхне ӳстереççĕ. ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли государство планне 1952 çулта тултарни çинчен пĕлтерни совет халăхĕ мирлĕ ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем туни çинчен, пирĕн çĕршывăн экономикипе культурине малалла аталантарас ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем туни çинчен, ĕççыннисен материальнăй пурнăçĕпе культурăллă шайĕ çĕнĕрен ӳсни çинчен калать.

Вунă çул каялла аслă çапăçу пулнă Атăл хĕрринче те пысăк улшăнусем пулса иртрĕç. Ишĕлчĕк куписем сапаланса выртнă çĕрте çĕнĕ Сталинград ӳссе ларчĕ, вăл халĕ малтанхинчен те илемлĕрех, чаплăрах. Ишĕлчĕк куписем, турпаспа кĕл куписем сарăлса выртнă çĕрте халĕ анлă магистральсем тунă, нумай хутлă çуртсем тăва-тăва лартнă, илемлĕ площадьсем, бульварсем тунă, шкулсен, клубсен, театрсен çурчĕсем, пысăк заводсен—трактор завочĕн, «Красный Октябрь» заводăн тата промышленноçăн ытти предприятийĕсен корпусĕсем ӳсе-ӳсе ларчĕç. Сталинградри индустри халĕ вăрçăчченхинчен чылай нумайрах продукци туса кăларать.

Сталинградран кăнтăртарахра аслă шыв çулĕ уçнă—коммунизм стройкисенчен пĕрремĕшĕ—Атăлпа Дон хушшинчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан канал ĕçлеме пуçларĕ. Вăл иртнĕ çулхи çулла ĕçе кĕчĕ.

Сталинград патĕнче халĕ Сталин саманинчи питех те пысăк сооружение—Сталинград ГЭС-не, çавăн пекех çĕре шăвармалли магистраллĕ канала — Сталинград каналне тăваççĕ. Ку канал миллионшар гектар типĕ çĕре чечекленсе ешерекен хирсем туса хума май парать.

Мирлĕ ĕçпе пурăнакан совет халăхĕ ССР Союзне, халăх демократи çĕршывĕсене тата прогрессивлă пĕтĕм этемлĕхе хирĕç вăрçă хатĕрлекен Америкăпа Англи империалисчĕсен каварĕсене тимлĕн асăрхаса тăрать.

Совет Союзĕ пĕр пăркаланмасăр мирлĕ политика тытса пырать, мирĕн, демократипе социализмăн хăватлă лагерьне ертсе пырать. Çак лагерь вăрçă чĕртекенсене хирĕç кĕрешет. Çав вăхăтрах пирĕн халăх коммунизм строителĕсен мирлĕ те творчествăллă ĕçне шанчăклă хуралласа тăракан хăйĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене тĕреклетессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать. Государствăн хăрушсăрлăх органĕсем шпионсемпе çынвĕлеренсен террористла ушкăнне—врачсен ячĕпе витĕнсе Америкăпа Англи разведкин тарçисем пулса ĕçленĕ ирсĕрсен ушкăнне тупса палăртрĕç. Çакă вăл тăшман социализм çĕршывне хирĕç кĕрешес ĕçре нимĕнле ирсĕр майсенчен те именсе тăманни çинчен калать. Çакă вăл совет çыннисене сыхлăха пур майсемпе те ӳстерсе пыма, пирĕн хушăри сисĕмсĕрлĕхе тата тимсĕрлĕхе пĕтерме хушать.

«Совет Союзĕ,— терĕ Г. М. Маленков юлташ пирĕн партин XIX-мĕш съездĕнче,— вăрçă чĕртекенсем юнанинчен хăрамасть. Пирĕн халăхăн агрессорсене хирĕç кĕрешнĕ опыт пур, вĕсене çĕмĕрсе тăкасси пирĕншĕн ют ĕç мар. Вăл агрессорсене граждан вăрçи вăхăтĕнчех, Совет государстви çамрăк та вăйсăртарах пулнă чухнех, çĕмĕрсе тăкнă, вĕсене вăл тĕнчери иккĕмĕш вăрçă вăхăтĕнче çĕмĕрсе тăкнă, вĕсем пирĕн Тăван çĕршыв çине тапăнма хăяс пулсан, малашне те çĕмĕрсе тăкĕ».

Сталинград патĕнче нимĕçсен фашистла çарĕсене çĕмĕрсе тăкни этемлĕхе çĕнĕ вăрçă вутне кĕртсе яма хăтланакан Америкăпа Англи агрессорĕсемпе ытти агрессорсене вăйлăн асăрхаттарни, социализм çĕршывĕн таса чиккисем çине килсе тапăнма хатĕрленекен реакцин мĕнпур хура вăйĕсене асăрхаттарни пулса тăрать.

Полковник С. РОЩИН.

# Выранти Советсен суйлавĕ умĕн

## Ăмăрту вăйланать

Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕн коллективĕ выранти Советсен суйлав кампанине активлă хутшăнчĕ. Коммунистсемпе комсомолецсем, партире тăман активистсем çĕр çын ытла агитатор пулса ĕçлеççĕ. Вĕсем общежитисенче, хваттерсенче суйлавçăсене Сталинла Конституци, Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисем, тĕнчери лару-тăру çинчен ăнлантарса параççĕ. Производствăра агитаторсем социализмлă ăмăртăва вăйлатма, шалти резервсене палăртма, малта пыракансен опычĕпе меслетне сарма пулăшаççĕ.

Чылай цехсенчи, сменăсенчи, бригадăсенчи рабочисем суйлав ячĕпе çĕнĕ обязательствăсем йышăнчĕç, çĕршер çын стахановла вахтăна тăчĕç. Коммунистсем П. Волчков, Н. Карпов, В. Иванова юлташсем тата ыттисем те ĕç нормине куллен 270—400 процент тултарса пыраççĕ. К. Макаровпа М. Малова комсомолецсем ĕç нормине куллен 250 процентран кая мар тултарса пыма сăмах пачĕç. Вĕсем хăйсен сăмахне чыслăн пурнăçласа пыраççĕ И. Маслов коммунист, В. Ялаков комсомолец тата партире тăман Н. Спирин юлташ кăçал тăватă çулхи ĕç нормине тултарма социализмлă обязательство йышăнчĕç. Вĕсен примерĕ пĕтĕм коллектива хавхалантарать.

Агитпунктсене плакатсемпе, лозунгсемпе, портретсемпе илемлетнĕ. Библиотекăра, агитпунктра кĕнекесем, хаçат-журнал нумай. Кунта килекенсенчен пĕрисем çĕнĕ хаçат-журнал вулаççĕ, теприсем—радио итлеççĕ, виççĕмĕшĕсем—шашкăлла е шахматла выляççĕ. Клубра лекцисемпе докладсем час-часах пулаççĕ, кино кăтартаççĕ, спектакльсем лартаççĕ.

Кашни тунтикун заводри комсомол комитечĕ клубра çамрăксен вечерне ирттерет. Килхуçи хĕрарăмсемпе пенсионерсем те агитпунктсене çӳреççĕ.

Суйлав кампанийĕ пуçланнăранпа хулари ĕççыннисен политикăллă активлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕ ӳсрĕ. Заводсемпе промартельсенче 1953 çулхи плана срокчен тултарассишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн, чĕртаварпа топливо перекетлессишĕн социализмлă ăмăрту вăйланса пырать.

В. МЫТИКОВ.

## Малта пыракан ял Советĕнче

ЧКАЛОВСКИ. Хирти Пикшик ял Советĕнчи «Герой» колхоз иртнĕ çулта государствăна тырă, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем тата укçа-тенкĕ памалли обязательствăсене вăхăтра пурнăçларĕ, ялхуçалăх çулне ăнăçлă вĕçлерĕ.

Çак ĕçре колхоза ял Совечĕ нумай пулăшрĕ Ял Совечĕн яланхи ялхуçалăх комиссийĕ (ăна З. Хасянов депутат ертсе пырать) колхоза организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес ĕçе активлăн хутшăнать, колхозра ĕçсем мĕнле пынине тăтăшах тĕрĕслет, ĕçри çитменлĕхсене мĕнле пĕтересси çинчен хăйĕн сĕнĕвĕсене хатĕрлесе ял Совечĕн исполкомне тăратать. Комисси сĕнĕвĕсене исполкомра сӳтсе явнă чухне, унта колхоз председателĕ, агрономĕ тата бригадирсем пулаççĕ.

Иртнĕ çулта колхоз тухăçлă тырпул туса илчĕ. Фермăсенче выльăх-чĕрлĕх йышĕ планпа пăхнинчен чылай ытларах. Халĕ колхоз пикенсе çуракине хатĕрленет. Колхозниксемпе колхозницăсем выранти Советсен суйлавĕ умĕнхи социализмлă ăмăртăва хутшăнса, колхоз производствинче çĕнĕ çитĕнӳсем тăвассишĕн кĕрешеççĕ.

Ялхуçалăх комиссийĕн ĕçĕ витĕмлĕ пулса пыни активпа тачă çыхăнса ĕçленинчен килет Комисси хăйĕн ĕçне 12 активиста хутшăнтарнă.

Ял Совечĕн финанспа бюджет комиссийĕ (председателĕ З. Хамдеев депутат) укçа-тенкĕ мобилизацилемелли плана вăхăтра тултарассишĕн тимлĕн ĕçлет. Ял Совечĕ иртнĕ çулта финанс планне кварталтан квартала тултарса пычĕ, районта мала тухрĕ. Нумаях пулмасть Хамдеев депутат финанспа бюджет комиссийĕн ĕçĕсем çинчен суйлавçăсем умĕнче отчет туса пачĕ.

Культурăпа çутĕç комиссийĕ колхозниксемпе колхозницăсем валли лекцисемпе докладсем час-час организацилет. Комисси ялти клубăн, фельдшер пункчĕн ĕçĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе нумай ĕçлет, тăлăх ачасене шкула çӳреме условисем туса пама тăрăшать.

Благоустройство комиссийĕ (председателĕ А. Умеров депутат) тăрăшнипе ялти ĕççыннисем иртнĕ çулта урамсене йывăç чылай лартса хăварчĕç, 3 кĕпер тата 3 çăл юсарĕç, çĕнĕрен 2 çăл чаврĕç. Комисси членĕсем колхозлă ял илемĕшĕн, тасалăхпа тирпейлĕхшĕн тимлĕ тăрăшаççĕ.

Ял Совет исполкомĕ кашни уйăх вĕçĕнчех яланхи комиссисен председателĕсен канашлăвне ирттерет. Унта уйăх хушшинче тунă ĕçсен результачĕсене пăхса тухаççĕ, тепĕр уйăхра мĕнле ĕçсем тумаллине палăртаççĕ. Яланхи комиссисен ĕç планĕсене ял Совет ларăвĕсенче çирĕплетеççĕ.

Яланхи комиссисем ăнăçлă ĕçлесе пынă май ял Совечĕпе ĕççыннисем хушшинчи çыхăну куллен-кун тĕрекленет, ял Совечĕн пĕтĕм ĕçĕ лайăхланса пырать.

Ялти агитпункт кĕске вăхăт хушшинчех агитациллĕ-массăллă ĕçĕн центрĕ пулса тăчĕ. Унăн мĕнпур ĕçĕ план тăрăх пулса пырать. Агитпунктра суйлавçăсем валли суйлав Положенийĕ, Сталинла Конституци, партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем çинчен калаçусем, лекцисемпе докладсем ирттереççĕ. Çак кунсенче агитпунктра Ш. Куманьков юлташ «Сталинла Конституци—тĕнчери чи демократиллĕ Конституци» темăпа, Ф. Каштанов юлташ «Çĕнĕ пилĕкçуллăхра ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе тăракан задачăсем» темăпа докладсем туса пачĕç. Агитколлектив 40 агитатора пĕрлештерсе тăрать.

Агитпунктри дежурнăй агитаторсем суйлавçăсене ССР Союзĕнчи граждансен прависемпе обязанноçĕсем çинчен, совет суйлав законĕ çинчен ăнлантарса параççĕ. Агитаторсем хăйсене çирĕплетсе панă килсенче тăтăшах пулаççĕ, суйлавçăсене суйлав законĕ çинчен каласа кăтартаççĕ. М. Каштанова, Р. Камальтдинов, Н. Салахов, Ш. Гайнуллов агитаторсем ĕçре паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Хирти Пикшик ял Советĕнче район Советне тата ял Советне депутатсем суйлама кандидатсем тăратасси пысăк çĕкленӳпе пулса иртрĕ. Колхозниксемпе колхозницăсем район Советне депутата суйлама, пурте пĕр кăмăллă пулса, ял Совет председателĕн Ф. Каштанов юлташăн кандидатурине сĕнчĕç. Ял Советне депутата суйлама халăхăн хастарлă ывăл-хĕрĕсене кандидата тăратрĕç.

Район Советне депутата суйлама тăратнă Ф. Каштанов юлташ кандидатурине 25-мĕш округри суйлав комиссийĕ регистрацилерĕ.

Çуракине лайăх хатĕрлеме, вăрман хатĕрлев планне тултарма ĕççыннисене мобилизацилес тĕлĕшпе ял Совет депутачĕсемпе активистсем тимлĕ ĕçлеççĕ, вĕсем производствăри ĕçсенче ыттисене пример кăтартаççĕ.

В. КУЗНЕЦОВ.

## Агиткультбригада суйлавçăсем патĕнче

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Районти культура çурчĕпе ВЛКСМ райкомĕ йĕркеленĕ агиткультбригада районти колхозсем тăрăх тухса кайрĕ. Вăл пурĕ 10 колхозри суйлавçăсем патĕнче пулса концертсемпе спектакльсем лартса парать. Агиткультбригадăна районти культура çурчĕн директорĕ Н. Григорьев юлташ ертсе пырать.

Малтанах агиткультбригада Кушар ял Советĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозра концерт пачĕ Концерт пуçланиччен суйлавçăсем «Сталинла Конституци—тĕнчери чи демократиллĕ конституци» темăпа доклад итлерĕç.

Концерт хыççăн çамрăк суйлавçăсен вечерĕ, юрă-ташăсем пулчĕç.

Г. ЛУКИН.



Шупашкар хулинчи парторганизацисем уйăрнă пиншер агитаторсем суйлавçăсемпе калаçусем ирттереççĕ. партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене, Сталинла Конституцие, суйлав законне ăнлантарса параççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: агитатор Н. В. Васильев юлташ Союзнăй урамри 15-мĕш çуртра пурăнакан суйлавçăсене Чăваш АССР Статистика Управленийĕ республикăн халăх хуçалăхне малалла аталантармалли плана 1952 çулта мĕнле тултарни çинчен пĕлтернипе паллаштарать.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Суйлав юрри

Пысăклатнă колхозра
Улма-çырла пахчи пур.
Пирĕн аслă çĕршывра
Ирĕк суйлав прави пур.

Садри хитре чечеке
Ман ытларах татасчĕ,
Суйлав çитсен, суйлава
Малтан çитсе тăрасчĕ!

Çĕнĕ купăс илтĕмĕр
Суйлав юрри юрлама,
Агитпункта кĕтĕмĕр
Çĕнĕ хаçат вулама.

Чăн тӳпере ярăнма
Ăмăрткайăк пуласчĕ
Суйлав кунĕ çитиччен
Пысăк ĕçсем тăвасчĕ!

Пилĕк çуллăх план çинчен
Савăк юрă пуçлар-и!
Халăх тарçисем çинчен
Агитаци сарар-и!

Мĕншĕн савăнмăн паян?
Сталин—аслă кандидат!
Пирĕн юрă çавăнпа
Çĕршыв тăрăх ян каять.

Иван МИРОНОВ.

Аманик ялĕ,
Куславкка районĕ.

## Колхозниксен хастарлăхĕ

«Колос» колхоз членĕсем хăйсен колхозĕнчи уй-хир бригадин бригадирне—Лука Григорьевич Егоров юлташа район Советне депутата суйлама кандидата тăратрĕç. Округри суйлав комиссийĕ Л. Г. Егоров кандидатурине регистрацилерĕ.

Хальхи вăхăтра «Колос» колхоз членĕсем хаваслă туйăмпа пурăнаççĕ. Колхозниксен политикăллă активлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕ кунтан-кун ӳссе пырать. Колхозра хĕрсех çуракине хатĕрленеççĕ. Уя тислĕк кăларас ĕçре колхозниксем çĕрне-кунне пĕлмесĕр ĕçлеççĕ. Уя тислĕк кăлармалли çулталăк планне 70 процент ытла пурнăçланă, çак кунсенче 21 тонна кĕл, 32 тонна тислĕк пухнă.

Лука Григорьевич 1947 çултанпа бригадир пулса ĕçлет. Вăл—колхозри вăйлă тырпул ăсти. Унăн бригадинче агротехникăлла мероприятисене пурнăçлас енĕпе хĕрӳллĕ ĕçсем пыраççĕ. Уй-хире тислĕк кăларма панă плана тултарнă. Çак кунсенче колхозниксем 30 тонна минераллă удобрени кӳрсе килчĕç.

Колхозра обществăллă выльăх-чĕрлĕх стандартлă çĕнĕ витесенче тăрать. Колхоз выльăх-чĕрлĕх витисем тăвас ĕçре кирпĕчпе анлăн усă курнă. Ситес çулсенче фермăсенчи пĕтĕм ĕçсене механизацилеме палăртнă.

Колхозăн пилĕк çуллăх планне колхозниксен анлă массипе тĕплĕн сӳтсе явса тунă. Кăçал кирпĕчпе бетонран тислĕк пухмалли тăватă хранилище, кашни фермăрах силос башнисем туса лартмалла. Çак стройкăсене тума халĕ тимлĕн хатĕрленеççĕ.

— Эпир хамăр кандидата колхозри стройкăсене пурнăçлас енĕпе хытăрах ĕçлеме наказ паратпăр, теççĕ колхозниксем.

Культурăллă пурăнать «Колос» колхоз. Кашни киле радио, электричество кĕртнĕ. Ялта çулсеренех пысăк, çĕнĕ пӳртсем хушăнаççĕ.

Колхозри вуншар агитаторсем çĕршыври аслă стройкăсем çинчен, колхозлă пурнăçăн никĕсĕ çинче ял сăн-сăпачĕ палламалла мар улшăнни çинчен калаçусем ирттереççĕ.

С. ГОРЛАНОВ.

Сĕнтĕр районĕ.

## Округри суйлав комисси ларăвĕнче

Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Советне суйламалли 36-мĕш округри суйлав комиссийĕн ларăвне комисси председателĕ Н. Кистанова юлташ уçрĕ. Кун йĕркинче пĕр ыйту — Шупашкар хула Советне депутата суйлама тăратнă кандидата регистрацилесси.

Ку ыйтупа комисси председателĕн заместителĕ Н. Яснопольский юлташ сăмах илет. Вăл чăлха фабрикинчи рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен пухăвĕ 36-мĕш суйлав округĕ тăрăх хула Советне депутата суйлама фабрикăри стахановкăна Клавдия Петровна Ишмуратова юлташа кандидата тăратни çинчен калать, комисси кандидатран çак суйлав округĕ тăрăх сасăланма килĕшни çинчен çырнă заявлени илни çинчен пĕлтерет.

Унтан фабрика коллективĕ Ишмуратова юлташăн агитацилеме суйланă довереннăй Есина юлташ сăмах тухса калать. Вăл Ишмуратова юлташ фабрикăра тăрăпса ĕçлени, ытти рабочисене ĕçре пример кăтартни, обществăллă ĕçе активлă хутшăнни çинчен каласа парать.

Округри суйлав комиссийĕ ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Советне депутата 36-мĕш суйлав округĕ тăрăх суйлама сасăламашкăн Б. П. Ишмуратова кандидатурине регистрацилерĕ.

## Чехословаки халăх хуçалăхне аталантармалли 1952 çулхи государство планне тултарнин итогĕсем

ПРАГА, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословаки халăх хуçалăхне аталантармалли 1952 çулхи плана тултарнин итогĕсем çинчен Государство Статистика Управленийĕ пĕлтернине пичетлесе кăларнă.

Продукци туса кăларассин плана промышленность пĕтĕмпе 98,5 процент тултарнă.

Промышленность 1952 çулта туса кăларнă пĕтĕм продукци, 1951 çулхипе танлаштарсан, 18 процент ытларах пулнă.

1952 çулта промышленность производствин калăпăшĕ, 1937 çулхипе танлаштарсан—икĕ хута яхăн, 1948 çулхипе танлаштарсан, 83 процент ÿснĕ.

Совет Союзĕ техника тĕлĕшпе пысăк пулăшу парса тăнине пула халиччен Чехословакире пулман машинăсемпе механизмсем: сварочнăй автоматсемпе полуавтоматсем, шахтăсенче хулăм мар сийĕл çĕр кăмрăкĕ кăларакан комбайнсем, строительство ĕçĕсене механизацилемелли çĕнĕ машинăсем, химипе пирвăр промышленноçĕн валли çĕнĕ оборудовани туса кăларма пуçланă.

1952 çулта халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче рационализаторла сĕнÿсем 40.000 йышăннă. Çавна пула çулталăк хушшинче 2 миллиард крона яхăн перекетлесе хăварма май пулать.

Ялхуçалăхĕнче 1952 çулта социализмла сектор чылай сарăлнă тата тĕрекленнĕ. 1951 çулхипе танлаштарсан, тĕштырăсен тухăçлăхĕ 2,4 процент ÿснĕ.

Государство тăвакан капитальнăй строительство ĕçĕсен калăпăшĕ, 1951 çулхипе танлаштарсан, 16,7 процент ÿснĕ.

1952 çулта Чехословаки халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче çĕнĕ фабрикăсемпе заводсем тата ытти çĕнĕ предприятисем те ĕçлеме пуçланă, 4 гидроэлектростанци, 3 домна кăмакине тата 6 мартен кăмакине, 3 кокс батарейине тата апат-çимĕç промышленноçĕн чылай предприятийĕсене ĕçе янă.

1952 çулта Совет Союзĕпе тата ытти демократилле государствăсемпе экономика тĕлĕшĕнчен килĕштерсе ĕçлессине малалла сарса, вăйлатса пынă. Тулашри суту-илĕвĕн пĕтĕм калăпăшĕнче ку государствăсен пайĕ 71 процент пулнă.

Государство тата коопераци суту-илĕвне малалла сарса пынă.

1952 çулта халăхăн культурăллă шайĕ малалла ÿснĕ. Специальнăй вăтам шкулсен тата аслă шкулсен шучĕ, шкулсенче тата аслă шкулсенче вĕренекенсен хисепĕ ÿснĕ.

Чехословакири наци тупăшĕ, 1951 çулхипе танлаштарсан, 15 процент ÿснĕ. Наци тупăшĕн 70 процентне халăхăн материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтерме усă курнă. Наци тупăшĕн 30 процентне яхăн социализмлă производствăна малалла сарса пыма тата государствăн ытти ĕçĕсем валли уйăрнă.

## Францире патриотсене хĕсĕрлеççĕ

ПАРИЖ, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат çапла пĕлтерет: Франци правительстви Пĕтĕм Францири ĕç конфедерацийĕн генеральнăй секретарĕн Ален ле Леапăн тата Францири республиканецла çамрăксен союзĕн тăвату руководителĕсен «ĕçĕ» шутне «Францири Коммунистсен партийĕ 1947 çултанпа ĕçлесе пыни çинчен» 500 страница çине çырнă «рапорта» кĕртнĕ. Вăл рапорта полицин пĕр комиссарĕ туса хатĕрленĕ. Арестленĕ çынсен адвокачĕсем çавăн пирки татăклă протест пичетлесе кăларнă. Протестра çакна кăтартса панă: правительство тата полици влаçĕсен законсăр маневрĕн тĕллевĕ арестленĕ патриотсене «тепĕр хут следстви тумалли» сăлтавпа тĕрмере ытларах тытса тăрасси пулать.

## Японие тепĕр хут хĕçпăшаллантарни

ШАНХАЙ, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Япони утравĕсем çинче вăрçа анлă хатĕрленнине кăтарса паракан çĕнĕрен те çĕнĕ фактсем палăраççĕ. Япони правительствин вăрçă валли каякан расхочĕсем хытă ÿсни çавăн çинчен калать те ĕнтĕ. 1951 çулта Японин хĕçпăшаллă вăйĕсене тума 31 миллиард иена панă пулсан, 1952 çулта 62,3 миллиард иена уйăрнă. Кăçал хĕçпăшаллă вăйсене тума каякан расходсем, официальнăй сведенисем тăрăх, 83 миллиард иена пулаççĕ. Токиоран пĕлтернĕ тăрăх, чăннипе вара çав расходсем тата пысăкрах.

Вăрçа хатĕрленес ĕç мĕнле пулса пынине Франс Пресс корреспонденчĕ нумаях пулмасть Токиоран пĕлтерни те кăтартать. Корреспондент çакна кăтартса панă: Токиора «оборона вăйне» тăвасси çинчен тăракан ыйтăва сÿтсе яваççĕ. «Оборона вăйĕ» 15 дивизирен тăмалла, вăл дивизисенче пурĕ 300 пин çын пулмалла. Çак дивизисене Америка хĕçпăшалĕпеваскасах хĕçпăшаллантараççĕ. «Юнайтед Стейтс ньюс энд Уорлд рипорт» журнал çирĕплетсе каланă тăрăх, США юлашки вăхăтра Японие 200 танк тата 210 гаубица панă. Журнал çырнă тăрăх, Америкăн оккупаци çарĕсен Японири штабĕ японецсене тата 200 танк, 150 оруди пама шутлать.

Унтан та ытларах, çак кунсенче Японири «Токио Ници-Ници» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Японире сывлăш-çар вăйĕсене тумалли плансене туса хатĕрленĕ. Унта 3 пин самолет, пуринчен ытларах реактивнăй самолетсем пулмалла. Хаçат çырнă тăрăх, ку программăна ултă çул хушшинче пурнăçлама палăртнă, малтанхи тапхăрта реактивнăй самолетсем 600 пулмалла.

Америкăн çар самолечĕсене илессине шанса тăрса, Япони çав вăхăтрах хăй те çĕршывра çар самолечĕсене йышлăн туса кăларма хатĕрленет. Англири «Санди таймс» хаçат çырнă тăрăх, Токиора ятарласа «авиастроени енĕпе ĕçлекен совет» тунă. Унăн задачи наукăпа тĕпчев ĕçне туса пырасси тата Японире çитес вăхăтра истребительсемпе бомбардировщиксем мĕн чухлĕ тума май пуррине тĕпчесе пĕлесси пулать.

Типĕ çĕр çинчи çарсăр пуçне сывлăшçар тата тинĕс-çар вăйĕсене тăвас ĕç çине Японире тимлĕрех те тимлĕрех пăхаççĕ. Токиори радио çак кунсенче çапла пĕлтернĕ: Япони правительстви çак вăйсене тăвас ĕç çине «уйрăммăнах тимлĕ пăхма» шутлать. «Наци хăрушсăрлăхĕн управленийĕ» текенскерĕн начальникĕ Кимура Осака хулинче çапла пĕлтернĕ: 124 самолет сутăн илме 23 миллиард иена, тинĕс-çар карапĕсем тума 13 миллиард иена уйăрса пани çĕршыва хĕçпăшаллантарас енĕпе тунă пĕрремĕш утăм пулса тăрать. «Хăрушсăрлăх управленийĕ» аэродромсене, çар базисене, çавăн пекех летчиксемпе карап çинче ĕçлекенсем хатĕрлекен училищĕсен шутне ÿстермелли плансем çинчен пĕлтернĕ. Юлашки хыпарсем çав плансене пурнăça кĕртсе пыни çинчен калаççĕ. Январĕн 26-мĕшĕнче Саппоро радиостанцийĕ Хакодате хулин районĕнче (Хоккайдо утравĕ) геликоптерсен базине туни çинчен пĕлтернĕ. Темиçе кун маларах Японирен çапла пĕлтернĕ: Японин çар командованийĕ мĕнпур «патрульнăй суднăсене» артиллери орудийĕсемпе хĕçпăшаллантарма тата Японин çĕнĕрен тунă зенитнăй артиллерин дивизионне Хоккайдо утравĕ çине куçарма решени йышăнни çинчен пĕлтернĕ. Çак дивизиона хĕçпăшаллантарма Америкăн çар влаçĕсем ятарласа 90 миллион доллар уйăрнă.

Японире вăрçа хатĕрленес ĕç вăйланса пыни Америка милитарисчĕсем юлашки уйăхсенче «Ази легионĕсем» текенскерсене тăвасси çинчен шăв-шав çĕкленипе пĕр вăхăтра пулса пырать. Вăл легионсенче, паллă ĕнтĕ, Япони çар çыннисене пысăк вырăн пама шутлаççĕ.

# Вĕренмесĕр илнĕ диплом

Андрей Петрович Петров 1939—1940 вĕренÿ çулĕнче касхи шкула вĕренме çÿренĕ. Пĕрле вĕренекенсем каланă тăрăх, вăл 6-мĕш класра вĕреннĕ, анчах вăл çав класран вĕренсе тухнине ĕнентерекен документсем ниçта та çук.

— Ку маншăн аван-ха,—тесе шутланă Канаш хула Совет исполкомĕн финанс пайĕн заведующийĕ Петров.

— Мана касхи шкулăн 7-мĕш класне пĕтернĕ тесе ĕнентерекен хут кирлĕ, вара эпĕ часах финанс техникумне пĕтерни çинчен диплом та илме пултаратăп,—мухтаннă вăл пĕррехинче арăмĕ умĕнче.

Шухăшланине Петров яланах пурнăça кĕртме тăрăшнă. Пĕррехинче вăл хăйĕн нумай пĕлĕшĕсенчен пĕрне, Канаш хула Совет исполкомĕн Çутĕç пайĕн заведующине, Карасевăна аса илнĕ.

Карасева юлташа хăшпĕр ятлăрах çынсем Петров çинчен телефонпа калани те çителĕклĕ пулнă.

Вăхăчĕ нумаях та иртмен... Пур тусĕ йышсемпе, хăйĕн хула Советĕнче ĕçленĕ положенийĕпе усă курса, Петров хăйне кирлĕ документа часах алла илет. Çав хут çинче А. П. Петров 1940 çулта Канашри касхи шкулăн 7-мĕш класне пĕтернĕ, тесе çырнă. Хутне Канаш хулинчи çутĕç пайĕн заведующийĕ пулса ĕçленĕ Карасева юлташ пичет тата алă пусса çирĕплетнĕ. Ку ĕç 1951 çулхи июль уйăхĕнче пулса иртнĕ.

Çак хут тăрăх А. П. Петров, юмахри пек çăмăллăн, Канашри финанс техникумне экстĕрн шучĕпе 1952 çулта пĕтернĕ тесе, диплом илет. Вăл экстернпа экзаменсем панă вăхăтра отпускпа та усă курмасть.

— Черетлĕ отпуск илсе, çуллахи илемлĕ вăхăта çак экзаменсемшĕн сая ярас мар-ха,—тенĕ вăл хăйне мăнăн тыткаласа.

Чăн та, Петров пур çĕрте те ĕлкĕрнĕ: ĕçе те çÿренĕ, экзаменсем те «лайăх» тытнă.

Петров диплом илет. Дипломне Чăваш АССР Финанс министрĕн заместителĕ Канашри Финанс техникумĕнче 1952 çулта Государство квалификаци комиссийĕн председателĕ пулнă Скачков юлташ хăй аллипе тыттарать. Диплом çине Канашри Финанс техникумĕн директорĕ Липатов юлташ та алă пусать.

— Ку диплома çăвасах пулать,—тет Петров, хăй дипломне арăмне кăтартса.

Арăмĕ килĕшет... Техникум «пĕтернĕ» хыççăн, Петров июлĕн пĕр ăшă касĕнче хăй патне хăнасем пуçтарать. Сăйлану ирччеnех тăсăлать. Кунта эрехпе сăра та сахал пĕтмест. Паллă хăнасем хушшинче Чăваш АССР Финанс министрĕн заместителĕ пулса ĕçленĕ Скачков юлташ та пулнă. Вăл, лара-тăра пĕлмесĕр ташласа, хуçана темиçе хут та тав туса, тулли куркасене пушатса панă... Хăнара пулнисем Петров кĕрекине, унăн ырă кăмăлне халиччен асăнаççĕ. Петров хăй вара дипломне тытмассеренех хăйĕн тусĕсене аса илет... «Асран кайми кас, асран кайми савăнăçлă кас!»—пăшăлтатать вăл.

Петров юлташăн çав каса çĕнĕрен аса илмелле пулать пулĕ!

**М. ВАСИЛЬЕВ.**

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Демократилле Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтерет: Халăх çарĕн соединенийĕсем тата Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем пĕрле Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçаççĕ.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолечĕсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 3 самолетне персе ÿкернĕ, 4 самолетне сиенленĕ.

## Пусанри вăйлă пушар

ЛОНДОН, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви пĕлтернĕ тăрăх, паян Пусанра—Америкăн Корейăри çарĕсен тĕп бази пулса тăракан хулара—вăйлă пушар тухнă. Çавна пула хулан çичĕ пайĕнчен пĕр пайĕ çунса кайнă. 60.000 çын çурт-йĕрсĕр тăрса юлнă. Пĕлтернинчен çапла калана: çил сасартăк çаврăннă пирки кăна Пусан пĕтĕмпех çунса кайассинчен çăлăнса юлнă.

## Япони влаçĕсем Америкăн Корейăри агрессорĕсене пулăшаççĕ

ПЕКИН, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). «Женьминьжибао» хаçат, Японин Киодо Цусин агентствинчен тата «Асахи» хаçатран илнĕ хыпар тесе, çапла пĕлтерет: Цусима утравĕ çинче Япони полицийĕ Китайпа Корейăн тыткăна лекнĕ çар çыннисене тытса чарнă, вĕсене Америка çар влаçĕсен аллине тытса панă. Тыткăна лекнĕ çар çыннисем Кочжедо утравĕ çинчен тарнă пулнă. Киодо Цусин агентстви сведенийĕсем тăрăх, тыткăна лекнĕ 10 çынна американецсен аллине панă.

Япони правительстви çак ĕçĕ вăл Америкăн Корейăри агрессорĕсене пулăшса тăнине тепĕр хут кăтартса парать, тесе çырать «Женьминьжибао» хаçат.

Юлашкинчен хаçат çакна кăтартса парать: Китайпа Корея халăхĕсем, çавăн пекех пĕтĕм тĕнчери мире юратакан халăхсем Япони правительствин тăшманла ĕçĕ пирки тарăхмасăр тăма пултараймаççĕ.

### АМЕРИКА ОХРАНКИ ООН-ра ХУÇАЛАНАТЬ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Пĕрлешÿллĕ Штатсен ООН-ри представителĕ Лодж çапла каланă: федеральнăй влаçсем ООН-ра ĕçлекен 2 пин американеца—служащисене вĕсем «шанчăклипе шанчăклă маррине тĕрĕслеме» тытăнма шутлаççĕ. Унсăр пуçне, Америкăн ООН-ра ĕçлекен служащийĕсен хут çине хăйсен пÿрне йĕррисене хăвармалла. Пĕрлешÿллĕ Штатсен правительство органĕсене ĕçе кĕрекен кашни çыннăнах çавăн пек тумалла. Тĕпчесе пĕлмелли федеральнăй бюро çавăн пекех ООН-ра пысăкрах вырăнсенче ĕçлекен 300 американеца ыран тĕрĕслеме тытăнать. Ассошиэйтед Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Америкăн ООН-ра ĕçлекен служащийĕсем хут çине хăйсен пÿрне йĕррисене хăварас ĕçе ятарласа уйăрнă эксперт сăнаса тăрать.

### ИТАЛИ ВЛАÇĔСЕМ ИРТĔНЕÇÇĔ

РИМ, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). «Унита» хаçат çапла пĕлтерет: влаçсем хăшпĕр хуласенче правительствăн суйлав «реформин» проектне хирĕç протестлесе забастовкăсене хутшăннă граждансене хытă хĕсĕрлеççĕ.

Çапла, Терни хулин префекчĕ хăшпĕр вырăнти сутăçсене штрафланă. Вăл сутăçсем, забастовка тăвакансемпе пĕр кăмăллă пулнине палăртса, хăйсен магазинĕсене хупнă пулнă. Таранто хулинче префект муниципальнăй советăн забастовкăна хутшăннă служащийĕсем тĕлĕшпе следстви ирттерме тата административлă мерăсем йышăнма приказ панă. Префект хушнă тăрăх Спеццано-Альбанезе хулин мэрне (Козенца провинцийĕ) вырăнтан кăларнă. Çав мэр правительствăн суйлав «реформин» проектне хирĕç протестлесе çуртсен стенисемпе тротуарсем çине çырнă сăмахсене хуратма кăтарту пама килĕшмен пулнă.

## Бонри влаçсем парламентăн ултавлă суйлавĕсене ирттерме хатĕрленеççĕ

БЕРЛИН, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Бонн бундестагне 1949 çулта суйланă. Кăçал унăн полномочийĕсен срокĕ тухать.

Бундестагăн çĕнĕ суйлавĕсем пулнă хыççăн та влаçа хăйсен аллинче сыхласа хăварас тата халăха хирĕç пыракан хăйсен политикине малалла туса пыма май пултăр тесе, Аденауэр шайки бундестагăн çĕнĕ суйлавĕсене ирттермелли закон проектне туса хатĕрленĕ. Вăл проект, Бонăн 1949 çулхи суйлав законĕпе танлаштарсан та, суйлавçăсен прависене тата ытларах хĕсет, Бонăн конституцине те хирĕç пырать. Бонăн çĕнĕ суйлав законĕн проектне Бонн правительстви январĕн 20-мĕшĕнче йышăннă, ăна çитес вăхăтра Бонн бундестагне çирĕплетме тăратмалла.

Хĕвеланăç Германири хаçатсем пĕлтернинчен çакă паллă: Бонăн çĕнĕ суйлав закон проектне Хĕвеланăç Германири партисенчен нумайăшĕ критиклеççĕ. Вăл закон проектне Бонри влаçра тăракан партисем те пĕр кăмăллă пулса ырламаççĕ.

Хĕвеланăç Германири хаçатсем çак закон проекчĕ çинчен пĕлтернĕ тăрăх, бундестагра 484 депутат пулмалла. Вĕсенчен 242 депутатне тÿрремĕнех суйлав округĕсенче мажоритарнăй система тăрăх, 242 депутатне—«федеральнăй списоксем» тăрăх суйлаççĕ. «Федеральнăй списоксем» тăрăх суйланă чухне мандатсене пропорциллĕ суйлавсен йĕрки тăрăх уйăраççĕ.

Унсăр пуçне Бонн бундестагне Хĕвеланăç Берлинри депутатсен хула пухăвĕнче уйăрса лартнă 22 депутат кĕреççĕ. Вĕсен ĕç тăвакан сасă прави пулмасть.

Бундестагăн çĕнĕ суйлавĕсене ирттерме Хĕвеланăç Германие суйлав округĕсем çине уйăраççĕ. Суйлав округĕсем çине уйăрас ĕçе уйрăм закон тăрăх тумалла. Кашни суйлав округĕнчен пĕр депутат суйламалла, çапла ĕнтĕ Хĕвеланăç Германире 242 суйлав округĕ пулмалла. Хаçатсем çакна палăртаççĕ. бундестаг депутачĕсен хисепне ÿстерни Хĕвеланăç Германи территорине çĕнĕрен суйлав округĕсем çине уйăрма май парать, çак ĕçе влаçсем хăйсен интересĕсемшĕн ирттерме тăрăшĕç. Урăхла каласан, коммунистсен партийĕ 1949 çулхи суйлавсенче ытларах сасă пухнă округсене пайлама хăтланса пăхĕç.

Суйлав округĕсенче сасăласси абсолютнăй ытларахăшĕн йĕрки тăрăх пулса иртмелле. Нихăш депутат та кирлĕ чухлĕ сасă пухаймасан, иккĕмĕш хут сасăламалла пулмасть. Çакна «икĕ сасă системи» текенскер пулăшнипе тăваççĕ. Вăл система тăрах, кашни суйлавçăн «тĕп сасă», çавăн пекех «иккĕмĕш вырăнта тăракан сасă» пулма пултарать. Çак система тăрăх, суйлавçă хăйĕн бюллетенĕ çинче хăй суйлас текен кандидат ячĕсĕр пуçне («тĕп сасă»), çавăн пекех иккĕмĕш кандидат («иккĕмĕш вырăнта тăракан сасă») ятне паллă тума пултарать. Нихăш депутат та кирлĕ чухлĕ сасă пухаймасан, «иккĕмĕш вырăнта тăракан сасă» вăй илме пултарать. «Тĕп сасă», çавăн пекех «иккĕмĕш вырăнта тăракан сасă» ытларах пухнă депутат суйланнă тесе шутланать.

Çĕнĕ суйлав законĕн проекчĕ çакăн пек йĕрке тăвать: Хĕвеланăç Германири мĕнпур тĕп сасăсенчен 5 процентран кая мар сасă пухнă тата суйлав округĕсенчи суйлавсем вăхăтĕнче бундестаг депутачĕн пĕр вырăнĕнчен кая мар илнĕ партисем «федеральнăй списоксем» тăратма пултараççĕ. Уйрăм партисен «федеральнăй списокĕсене» çав партисен облаçсенчи организацийĕсен кандидачĕсен списокĕ тăрăх тăваççĕ.

Бонăн 1949 çулхи суйлав законĕ партисене блока хутшăнма чарнă. Çĕнĕ закон проекчĕ уйрăм партисен «федеральнăй списокĕсене» пĕрлештерме ирĕк парать. Мандатсем уйăрнă чухне темиçе партин пĕрлештернĕ «федеральнăй списокĕсене» пĕр партин «федеральнăй списокĕ» вырăнне шутлаççĕ. Çĕнĕ суйлав законĕн проекчĕ уйрăм партисене суйлав округĕсенче пĕрлешме ирĕк памасть, анчах «иккĕмĕш вырăнта тăракан сасăпа» усă курни, тĕрĕссипе илсен, партисен блокне тунă евĕрлех пулать.

## Бонн бюджечĕ

БЕРЛИН, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвеланăç Берлинри хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Бонн правительствин финанс министрĕ Шеффер январĕн 28-мĕшĕнче бундестаг ларăвĕнче Бонăн 1953—1954 çулхи бюджет проекчĕ çинчен доклад туса панă.

Бонăн 1953—1954 çулхи бюджечĕ 26,5 миллиард марка пулать. «Ди нейе цейтунг» хаçат çырнă тăрăх, Бонăн çĕнĕ бюджечĕн чи пысăк пайĕ «оборона» валли каякан укçа пулать. Вăл хисеп—9,9 миллиард марка. «Унсăр пуçне, — кăтартса парать «Телеграф» хаçат,—бюджетра тата 3,7 миллиард марка пур. Ку вăл Çурçĕр Атлантика союзĕ панă кăтарту тăрăх «оборона» валли каякан укçа çумне хушăнать. Çавна пула бюджетри кашни икĕ маркăран пĕр маркине вăрçă расхочĕсем валли яма палăртнă».

Шеффер хăйĕн докладĕнче Бонн правительстви «пĕчĕк налог» реформи» тума палăртни çинчен пĕлтернĕ. Вăл реформа Хĕвеланăç Германири ĕççыннисен налогĕсене татах ÿстерет.

## Индири выçлăх

ДЕЛИ, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). «Хиндустан таймс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Бомбей штачĕн государство тупăшĕсен министрĕ Б. С. Хирай çапла каланă: «штатри ялсенче пурăнакан халăхран тăватă пайĕнчен пĕр пайĕ выçăпа аптрать». Вăл çакна кăтартса панă: Махараштри 4.376 ял, Карнатакри 1.035 ял, Гуджератри 2.404 ял выçлăхпа аптраççĕ. Мухараштри ялсенче выçăпа аптракансен хисепĕ 4.469.962 çын, Карнатакра—1.020.416 çын, Гуджератра—1.050.094 çын шутланать.

## *Пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕнче*

БУХАРЕСТ, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Бухарестра Пĕтĕм тĕнчери шахмат турнирĕн тăваттăмĕш вăййине ирттернĕ.

Совет гроссмейстерĕ Смыслов Милева (Болгари) хирĕç питĕ лайăх вылянă. 37 хут çÿренĕ хыççăн Милев парăннă.

Толуш мастерпа (СССР) Румыни чемпионĕ Чоколтя хушшинчи тĕлпулу питĕ çивĕч иртнĕ. 30 хут çÿренĕ хыççăн Толуш Чоколтяна парăнтарнă.

Венгри гроссмейстерĕ Л. Сабо лайăх вылянă, вăл 35 хут çÿренĕ хыççăн Рэдулескуна (Румыни) çĕнтернĕ. Чехословаки мастерĕ Филипп Барцаран (Венгри) выляса илнĕ. Шайтарпа (Чехословаки) Барда (Норвеги) хушшинчи тĕлпулу Барда çĕнтернипе вĕçленнĕ.

16 хут çÿренĕ хыççăн совет шахматисчĕсем Петросян тата Спасский пĕрне-пĕри çĕнтерейменн тесе йышăннă. Çавăн пекех Штольцпа (Швеци) О'Келли (Бельги) хушшинчи, Рейхерпа (Румыни) Слива (Польша) хушшинчи тата Троянескупа (Румыни) Голомбек (Англи) хушшинчи партисенче те шахматистсем пĕрне-пĕри çĕнтерейменн.

Совет Союзĕн гроссмейстерĕ Болеславскипе Румыни мастерĕ Ш. Сабо хушшинчи партие 41 хут çÿренĕ хыççăн тепĕр вăхăта хăварнă.

### ИТАЛИРЕ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРОИЗВОДСТВИ ЧАКАТЬ

РИМ, январĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). «Унита» хаçат çапла пĕлтерет: искусственнăй сÿс туса кăларас тĕлĕшпе ĕçлекен «Чиза вискоза» обществи Риетири заводри 300 рабочие ĕçрен кăларса ярасси çинчен пĕлтернĕ. Унччен администраци 422 рабочие ĕçрен кăларса янă пулнă.

## *Муркаш районĕнчен килнĕ хыпарсем*

* **Çĕнĕ радиоузел.** Çак кунсенче Энгельс ячĕпе тăракан колхозра çĕнĕ радиоузел туса пĕтерсе ĕçе ячĕç. Халĕ 260 колхозник килĕнче Мускавран тата Шупашкартан паракан передачăсене кашни касах итлеççĕ.

* **Пĕр çемьере ултă учитель.** Шаптак ялĕнчи Авдеевсен çемйинче ултă учитель: Василипе арăмĕ—вăтам шкулта, Зосимпа арăмĕ тата Анна—çичĕ çул вĕренмелли шкулта, Татьяна — пуçламăш шкулта ĕçлеççĕ.

* **Шахмат турнирĕ.** Район центрĕнче шахмат турнирĕ пулса иртрĕ. Турнира 14 çын хутшăннă. Пĕрремĕш вырăна Маленков ячĕпе тăракан колхозри «Колхозник» спорт обществин членĕ П. Иванов йышăннă, район чемпионĕ ятне илнĕ.

* **Ялти лектори.** Оринино ялĕнчи лектори (руководителĕ М. Троицкий юлташ) ялти ĕççыннисене коммунистла воспитани парас тĕлĕшпе пысăк ĕç туса иртерет. Вăл ялти интеллигенцин чи лайăх представителĕсене 11 çынна пĕрлештерсе тăрать.

Иртнĕ çулта лектори политика, наука, ялхуçалăх тата çутçанталăк ыйтăвĕсем тăрăх 70 ытла лекцисемпе докладсем ирттернĕ. «Коммунизмăн аслă стройкисем», «Çутçанталăка улăштармалли сталинла план», «Ялхуçалăхĕ çĕнĕ пилĕкçуллăхра» лекцисене ял ĕçченĕсем пысăк хаваслăхпа итленĕ.

Халĕ лектори партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем, Сталинла Конституципе суйлав законĕ çинчен лекцисемпе калаçусем ирттерет.

**П. СЕМЕНОВ.**

### ХОККЕЙ ВĂЙЙИПЕ РЕСПУБЛИКĂРА МАЛА ТУХАССИШĔН

Çак кунсенче Шупашкарти «Молния» спорт обществи катокĕнче час-часах хоккей вăййисем пулаççĕ. Январĕн 30-мĕшĕнче кунта Етĕрнери «Искра» тата Шупашкарти «Спартак» спорт обществисен командисем тĕл пулса вылярĕç. Республикăра мала тухассишĕн ирттерекен ăмăртура спартаковецсем етĕрнесене 8:0 шутпа çĕнтерчĕç.

Паян республикăра мала тухассишĕн икĕ вăйă пулать. Шупашкарти «Динамо» спорт обществи команди Етĕрнери «Искра» командипе, Чапаевски поселок хоккеисчĕсем Çĕмĕрлери «Урожай» спорт обществи командипе тĕл пулса выляççĕ.

Редактор заместителĕ
**И. П. ПАВЛОВ-ПИНЕР.**



## 1953 ÇУЛТА ГОСУДАРСТВО ЗАЕМĔСЕН ВЫЛЯВ УКÇИ ТУХМАЛЛИ ТАТА ОБЛИГАЦИСЕН ХАКНЕ ТÿЛЕСЕ КАЯЛЛА ИЛМЕЛЛИ ВЫЛЯВĔСЕНЕ ИРТТЕРМЕЛЛИ

# ПЛАН

**ЯНВАРĔН 30-мĕшĕ** — Государствăн 3 процентла выляса илмелли шалти заемĕн 31-мĕш вылявĕ. Выляв Мускав хулинче пулнă.

**ФЕВРАЛĔН 8-мĕшĕ** — СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли виççĕмĕш государственнăй заемăн 9-мĕш вылявĕ. Выляв Курган хулинче пулать.

**МАРТĂН 1-мĕшĕ** — СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли тăваттăмĕш государственнăй заемăн 7-мĕш вылявĕ. Выляв Дрогобыч хулинче пулать.

**МАРТĂН 29-мĕшĕ** — СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли иккĕмĕш государственнăй заемăн 11-мĕш вылявĕ. Выляв Гомель хулинче пулать.

**МАРТĂН 30-мĕшĕ** — Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕн 32-мĕш вылявĕ. Выляв Ленинград хулинче пулать.

**АПРЕЛĔН 26-мĕшĕ** — СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли пиллĕкмĕш государственнăй заемăн 5-мĕш вылявĕ. Выляв Тамбов хулинче пулать.

**МАЙĂН 3-мĕшĕ**—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заемăн (1951 çулхи кăларăм) 3-мĕш вылявĕ. Выляв Куйбышев хулинче пулать.

**МАЙĂН 30-мĕшĕ** — Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕн 33-мĕш вылявĕ. Выляв Киев хулинче пулать.

**ИЮНĔН 7-мĕшĕ**—Государствăн 1948 çулхи 2 процентлă заемĕн 11-мĕш вылявĕ. Выляв Чкалов хулинче пулать.

**ИЮЛĔН 26-мĕшĕ**—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заемăн (1952 çулхи кăларăм) 1-мĕш вылявĕ. Выляв Иваново хулинче пулать.

**ИЮЛĔН 30-мĕшĕ** — Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕн 34-мĕш вылявĕ. Выляв Саратов хулинче пулать.

**АВГУСТĂН 9-мĕшĕ** — СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли тăваттăмĕш государственнăй заемăн 8-мĕш вылявĕ. Выляв Архангельск хулинче пулать

**АВГУСТĂН 30-мĕшĕ тата 31-мĕшĕ**— СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли виççĕмĕш государственнăй заемăн выляв укçи тухмалли 10-мĕш вылявĕ тата облигацисен хакне тÿлесе каялла илмелли 1-мĕш вылявĕ. Вылявсем Магнитогорск хулинче пулаççĕ.

**СЕНТЯБРĔН 6-мĕшĕ тата 7-мĕшĕ**— СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли иккĕмĕш государственнăй заемăн выляв укçи тухмалли 12-мĕш вылявĕ тата облигацисен хакне тÿлесе каялла илмелли 2-мĕш вылявĕ Вылявсем Симферополь хулинче пулаççĕ.

**СЕНТЯБРĔН 30-мĕшĕ** — Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕн 35-мĕш тĕп вылявĕ тата хушса ирттерекен 6-мĕш вылявĕ Вылявсем Мускав хулинче пулаççĕ.

**ОКТЯБРĔН 25-мĕшĕ**—СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли пиллĕкмĕш государственнăй заемăн 6-мĕш вылявĕ. Выляв Фергана хулинче пулать.

**НОЯБРĔН 15-мĕшĕ** — СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заемăн (1951 çулхи кăларăм) 4-мĕш вылявĕ. Выляв Николаев хулинче пулать.

**НОЯБРĔН 30-мĕшĕ** — Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕн 36-мĕш вылявĕ. Выляв Кутаиси хулинче пулать.

**ДЕКАБРĔН 6-мĕшĕ**—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заемăн (1952 çулхи кăларăм) 2-мĕш вылявĕ. Выляв Ставрополь хулинче пулать.

**ДЕКАБРĔН 27-мĕшĕ тата 28-мĕшĕ**—Государствăн 1948 çулхи 2 процентлă заемĕн выляв укçи тухмалли 12-мĕш вылявĕ тата облигацисен хакне тÿлесе каялла илмелли 2-мĕш вылявĕ. Выляв Тула хулинче пулать.

**ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.**

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00960 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.